М. Горького

ПӖТӖМ ТӖНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПӖРЛЕШӖР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВӖ

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Чӑваш обкомӗпе Шупашкар хула комитечӗн тата Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗпе Шупашкар хула Совечӗн хаҫачӗ

1953 ҫул Август 4 ЫТЛАРИКУН № 151 (9060)

36-мӗш ҫул тухать. Хакӗ 20 пус.

**Паянхи номерте:**



## Парторганизацисен отчетпа суйлав пухӑвӗсем

Август уйӑхӗнче пирӗн республикӑри пуҫламӑш парторганизацисенче отчетпа суйлав пухӑвӗсем пулса иртеҫҫӗ.

Отчетпа суйлав пухӑвӗ кашни парторганизаци пурнӑҫӗнче пысӑк событи пулса тӑрать. Отчетпа суйлав пухӑвӗсенче коммунистсем парторганизацие ертсе пыракан органсемпе вӗсен руководителӗсен ӗҫне хак параҫҫӗ, ҫитменлӗхсене уҫса палӑртса, парторганизацин мӗнпур ӗҫне лайӑхлатмалли сӗнӳсем параҫҫӗ.

Отчетпа суйлав пухӑвӗсене хатӗрленесси — пӗтӗм парторганизацин ӗҫӗ. Пухусене ирттерме хатӗрленнӗ май, парторганизацисен КПСС XIX-мӗш съезчӗ йышӑннӑ решенисене пропагандӑлас тата съезд решенийӗсенчен тухса тӑракан задачӑсене пурнӑҫлас тӗлӗшпе хӑйсен кӗрешӗвне вӑйлатмалла. Ҫак задачӑсене тӗплӗн пурнӑҫлама пуринчен малтан пуҫламӑш парторганизацисен шалти ӗҫне лайӑхлатмалла.

Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ йышӑннӑ решенисене пурнӑҫласа пырса, пирӗн парти организацийӗсем чылай опыт пухрӗҫ, коммунистсен активлӑхне ӳстерчӗҫ, хуҫалӑхпа культура строительствинче хӑйсен ертсе пырас рольне лайӑхлатрӗҫ. Парторганизацисемпе ӗҫҫыннисен массисем хушшинчи ҫыхӑну вӑйланнӑҫемӗн вӑйланса пырать.

Кунпа пӗрлех пуҫламӑш парторганизацисен ӗҫӗнче пысӑк ҫитменлӗхсем пуррине те тӗплӗн шута илни кирлӗ. Парторганизацисен ӗҫӗнчи пысӑк ҫитменлӗхсене парти райкомӗсемпе хула комитечӗсен нумаях пулмасть пулса иртнӗ пленумӗсенче те тӗплӗн палӑртрӗҫ. Пирӗн республикӑра производство планне тултарса пырайман предприятисем тата хуҫалӑхпа политикӑлла ӗҫсене вӑхӑтра пурнӑҫласа пыман колхозсем сахал мар. Ялхуҫалӑх культурисемпе выльӑх-чӗрлӗх тухӑҫлӑхӗ халӗ те пӗчӗккӗ-ха. Ҫак ҫитменлӗхсем пуринчен малтан парторганизацисен партилле-политикӑлла тата организацилле ӗҫне чылай лайӑхлатма кирли ҫинчен калаҫҫӗ.

Хӑшпӗр парторганизацисенче парти Уставне пӑсаҫҫӗ, коллективлӑн ертсе пымалли принципа пӑхӑнмаҫҫӗ, парти пухӑвӗсене те вӑхӑтра пухса ирттермеҫҫӗ, критикӑпа самокритикӑна сарса пымаҫҫӗ. Ҫак пысӑк ҫитменлӗхсем уйрӑмах Элӗк тата Йӗпреҫ районӗсенчи парторганизацисен ӗҫӗнче хытӑ палӑраҫҫӗ.

Партилле пропаганда ӗҫӗнче те пысӑк ҫитменлӗхсем пур. Чылай парторганизацисем коммунистсемпе партире тӑман кадрсене идея тӗлӗшӗнчен вӗрентсе пиҫӗхтерес ӗҫе кирлӗ пек туса пымаҫҫӗ, партипе государство дисциплинине ҫирӗппӗн тытса пыма вӗрентес тесе тӑрӑшмаҫҫӗ. Марксизм-ленинизм наукине вӗренес ӗҫре начетничествӑпа догматизма пӗтерсе ҫитермен-ха. Ӗҫҫыннисене политикӑлла воспитани парас, сыхӑлӑхлӑ пулма вӗрентес, социализмла пурлӑха лайӑх упрама вӗрентес ӗҫре те ҫитменлӗхсем нумай.

Парти пухӑвӗсене идейӑпа политика тӗлӗшӗнчен ҫӳлӗ пусӑмра ирттермелли тӗп услови вӑл—партин шалти демократийӗн принципӗсене ҫирӗп тытса пыни пулать. КПСС Уставӗ ҫакӑн пек тума хушать: партин мӗнпур органӗсене демократилле йӗркепе суйласа лартмалла, критикӑпа самокритикӑна пур майсемпе те сарса пыма тӑрӑшмалла, парти массисен активлӑхне куллен ӳстерсе пымалла. Отчетпа суйлав пухӑвӗсене хатӗрленсе ирттернӗ чухне Устав хушнисене тата КПСС Центральнӑй Комитечӗн инструкцине тӗрӗс пурнӑҫлас пулать. Пуҫламӑш парторганизаци секретарӗсемпе бюровӗсене отчетсем хатӗрлеме, пухусене йӗркеллӗ те ӗҫлӗ ирттерме пулӑшасси — парти комитечӗсен тивӗҫӗ. Коммунистсем активлӑн тухса каласси, критикӑпа самокритика вӑйлӑ пуласси, пуху ӗҫлӗ иртесси отчетлӑ доклад содержанийӗнчен нумай килет. Отчетсене вӑхӑтра тата тӗплӗн хатӗрлесе ҫитерес пулать.

Отчетлӑ докладра парторганизаци КПСС XIX-мӗш съезчӗ йышӑннӑ решенисене пурнӑҫлас тӗлӗшпе мӗнле ӗҫлени лайӑх курӑнса тӑтӑр, ҫавӑн пекех ӗҫри ҫитменлӗхсене уҫса парса, вӗсене пӗтермелли, умра тӑракан задачӑсене пурнӑҫламалли майсене тӗплӗн кӑтартса памалла.

Коммунистсен партилле-политикӑлла тата организацилле ӗҫсене лайӑхлатас ыйту ҫине ытларах пӑхмалла. Ку тӗлӗшпе пуринчен малтан ҫаксене асра тытни кирлӗ:

пуҫламӑш парторганизаци парти решенийӗсене пурнӑҫлас енӗпе массӑсем хушшинче агитацилле тата организацилле ӗҫсене мӗнле туса пырать;

парти членӗсемпе кандидачӗсен политикӑлла пӗлӗвне ӳстерес тата ӗҫҫыннисене коммунизмлӑ воспитани парас тӗлӗшпе ӗҫсем мӗнле пулса пыраҫҫӗ;

предприятире, колхозра е МТС-ра производство планне пурнӑҫлас, ӗҫ дисциплинине ҫирӗплетес, социализмла ӑмӑртӑва вӑйлатас тӗлӗшпе мӗн-мӗн тунӑ тата мӗнле ӗҫсем тумалла;

пуҫламӑш парторганизаци предприятире е колхозра хуҫасӑрлӑхпа юлхавлӑха хирӗҫ мӗнле кӗрешсе пырать, ӗҫҫыннисен культурӑпа йӑла условийӗсене лайӑхлатассишӗн мӗнле тӑрӑшать;

критикӑпа самокритикӑна анлӑн сарас тӗлӗшпе мӗнле тӑрӑшнӑ, ҫак хӑватлӑ хӗҫпӑшалпа ӗҫре кирлӗ таран усӑ курнӑ-и? Ҫак ӗҫсене лайӑхлатас пулсан парторганизацире малашне мӗн-мӗн тумалла пулать?

Ҫавӑн пекех пухура парторганизаци массӑсемпе мӗнле ҫыхӑнса ӗҫлени, кадрсемпе мӗнле ӗҫлени ҫинчен анлӑн ҫутатма тӑрӑшас пулать.

Отчетпа суйлав пухӑвне пур енӗпе те тӗплӗн хатӗрленмелле. Кунта ӗҫӗн нихӑш участокне те манӑҫа хӑвармалла мар. Пуху ирттермелли куна палӑртасси, пӳлӗме суйласа илесси, суйламалли урнӑсем тупса хатӗрлесси, коммунистсене малтанах пӗлтересси, — ҫаксене пурне те манӑҫа тӑратса хӑварма юрамасть. Коммунистсем хӑйсен прависемпе туллин усӑ курма, ҫитменлӗхсене ирӗклӗн критиклеме пултарччӑр тесе, мӗнпур условисене малтанах лайӑх хатӗрлемелле.

Отчетпа суйлав пухӑвӗсемпе конференцисенче парти массисем хӑйсене ертсе пыракан органсемпе руководителӗсен ӗҫне отчетсем тӑрӑх е критикӑпа самокритика тӑрӑх кӑна мар, ертсе пырас ӗҫе суйланипе е суйламаннипе те тӗрӗслеҫҫӗ. Ӗҫе тӗрӗс йӗркелесен, партин шалти демократи принципне тытса пырсан—коммунистсем парторганизацие ертсе пырас ӗҫе чи шанчӑклӑ юлташсене, политика тӗлӗшӗнчен лайӑх хатӗрленнӗ, ӗҫре тӗрӗсленнӗ, ертсе пыма пултаракан юлташсене суйлӗҫ.

Пуҫламӑш парторганизацисенче отчетпа суйлав пухӑвӗсем пулса иртнӗ хыҫҫӑн партин районсенчи тата хуласенчи конференцийӗсем пулмалла. Райкомсемпе хула комитечӗсен пуҫламӑш парторганизацисен отчечӗсемпе суйлавӗсем палӑртнӑ вӑхӑтра пулса иртчӗр тесе тӑрӑшмалла, коммунистсем партин ҫӳлте тӑракан органӗсене критиклени тӗплӗн шута илсе, парти массисен опытне пӗтӗҫтермелле. Коммунистсем асӑрхаттарнисене тӗплӗн шута илсе, ҫитменлӗхсене пӗтерсе пымалла, массӑсен активлӑхне ӳстерме, аялтан килекен критикӑна вӑйлатма условисем туса памалла.

Ҫак кунсенче Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ 50 ҫул тултарнине пӗтӗм ҫӗршыв паллӑ турӗ. Юбилей кунне коммунистсемпе мӗнпур ӗҫҫыннисем пысӑк ҫитӗнӳсем тунипе кӗтсе илчӗҫ. Отчетпа суйлав пухӑвне хатӗрленнӗ май коммунистсемпе мӗнпур ӗҫҫыннисен патриотла ҫав ҫӗкленӗвне ҫирӗплетсе тата вӑйлатса пырасси — парторганизацисен паянхи тивӗҫӗ.

Промышленность предприятийӗсенчи парторганизацисен продукци пахалӑхне тата ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерсе пымалла, социализмла ӑмӑртӑва ытларах вӑйлатмалла, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетессишӗн, перекетлӗхшӗн ытларах тӑрӑшмалла. МТС-семпе ялхуҫалӑх ӗҫченӗсем умӗнче те хисеплӗ задача тӑрать: вӗсен тырпула кӗске срокра тата пысӑк пахалӑхпа пухса кӗртмелле.

Пуҫламӑш парторганизацисен отчетпа суйлав пухӑвӗсене ирттерни партилле-организацилле тата партилле-политикӑлла ӗҫе лайӑхлатмалли пысӑк май пулса тӑрать. Ҫак пухусене идейӑпа политика тӗлӗшӗнчен ҫӳлӗ пусӑмра ирттерни парторганизацисен кӗрешӳри пултарулӑхне ӳстерме пулӑшӗ, партин XIX-мӗш съезчӗн решенийӗсене пурнӑҫлас ӗҫре ҫӗнӗ ҫӗнтерӳсем тума май парӗ.

## СССР Верховнӑй Совет Президиумӗнче

СССР Верховнӑй Совет Президиумӗ Пӗтӗм Союзри чугун ҫул работникӗсен кунӗ тӗлне чугун ҫул транспортӗнчи работниксен пысӑк ушкӑнне нумай ҫул хушши ӗҫленӗшӗн орденсемпе медальсем парса наградӑланӑ. 10.466 ҫынна Ленин орденӗ, 17.685 ҫынна—Ӗҫлӗх Хӗрлӗ Ялав орденӗ тата ытти ҫынсене ССР Союзӗн ытти орденӗсемпе медалӗсене парса наградӑламалла тунӑ.

## ССР Союзӗн Министрӗсен Советӗнчен

ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗ хими енӗпе ӗҫлекен пысӑк совет ученӑйӗ, Социализмла Ӗҫ Геройӗ Николай Дмитриевич Зелинский академик кӑҫалхи июлӗн 31-мӗшӗнче, 93 ҫула ҫитсен, вилни ҫинчен хурланса пӗлтерет.

ССР Союзӗн Министрӗсен Совечӗ.

## *Советлӑ Социализмлӑ Республикӑсен Союзӗн Министрӗсен Совечӗн Председательне*
## *Г. М. Маленков юлташа*
## *ССР Союзӗн Ют ҫӗршыв Ӗҫӗсен Министрне*
## *В. М. Молотов юлташа*

Корейӑри перемири пирки килӗшӳ туса алӑ пуснӑ ятпа саламланӑшӑн Совет Союзӗнчи мӗнпур халӑхсене тата Сире чӗререн тав тӑватпӑр.

Корейӑри перемири туни мирпе демократин Совет Союзӗ ертсе пыракан лагерӗн питӗ пысӑк ҫӗнтерӗвӗ пулса тӑрать.

Совет Правительствипе совет халӑхӗ Корея ыйтӑвне мирлӗ майпа татса памалла тӑвассишӗн хытӑ тӑрӑшни Корейӑри вӑрҫа чарас ӗҫре нумай пулӑшрӗ.

Китай халӑхӗ аслӑ совет халӑхӗпе, Корейӑн паттӑр халӑхӗпе тата пӗтӗм тӗнчери мире юратакан мӗнпур халӑхсемпе яланах тачӑ ҫыхӑнса тӑрӗ, Инҫет Хӗвелтухӑҫӗнчи тата пӗтӗм тӗнчери мире тӗреклетессишӗн, ӑна хӳтӗлессишӗн яланах кӗрешӗ.

**Китай Халӑх Республикин Центральнӑй Халӑх Правительствин Председателӗ МАО ЦЗЭ-ДУН.**

**Китай Халӑх Республикин Государство Администраци Совечӗн Премьерӗ тата Ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗ ЧЖОУ ЭНЬ-ЛАЙ.**

Пекин, 1953 ҫулхи июлӗн 30-мӗшӗ.

## Шурӑ тинӗспе Балти тинӗсӗ хушшинчи Сталин ячӗпе тӑракан канала уҫнӑранпа 20 ҫул тултарчӗ

Августӑн 2-мӗшӗнче Шурӑ тинӗспе Балти тинӗсӗ хушшинчи Сталин ячӗпе тӑракан канала уҫнӑранпа 20 ҫул тултарчӗ.

ТАСС корреспонденчӗпе калаҫнӑ чухне Тинӗспе юханшыв флочӗн министерствин Ҫурҫӗрти тата хӗвеланӑҫӗнчи бассейнсенчи флотпа портсен главнӑй управленийӗн начальникӗ М. Н. Чеботарев юлташ ҫапла пӗлтерне:

— Шурӑ тинӗспе Балти тинӗсӗ хушшинчи канал — пирӗн ҫӗршыври гидротехникӑлла чи пысӑк сооруженисенчен пӗри. Унӑн тӑршшӗ 227 километр. Сталин ячӗпе тӑракан каналӑн тӑршшӗ, Панама, Суэц тата Киль каналӗсене пӗрле илсен те, вӗсен пӗтӗм тӑршшӗнчен вӑрӑмрах. Канал Балти тинӗсӗнчен Шурӑ тинӗсе каймалли ҫула тӑватӑ пин километр кӗскетет.

Шурӑ тинӗспе Балти тинӗсӗ хушшинчи Сталин ячӗпе тӑракан канал тӑрӑх 20 ҫул хушшинче Карелире касса хатӗрленӗ миллионшар кубометр йывӑҫа илсе кайнӑ, ҫӗршер пин тонна тӑвар, тырӑ тата ытти апат-ҫимӗҫпе промышленность грузӗсене турттарнӑ.

Канал тӑрӑх грузсем турттарасси ҫултан-ҫул ӳсет. Шурӑ тинӗспе Онега пароходствин коллективӗ производство заданийӗсене яланах ирттерсе тултарать.

Юханшыв ҫинче ӗҫлекенсене анӑҫлӑ ӗҫлеме пароходствӑн флотне чи лайӑх тата ҫӗнӗ суднӑсем хутшӑнни нумай пулӑшать.

Навигаци планне срокчен пурнӑҫлассишӗн ӑмӑртса, Шурӑ тинӗспе Балти тинӗсӗ хушшинчи канал ҫинче ӗҫлекенсем суднӑсен техникӑлла хӑвӑртлӑхне ӳстерессӗ, суднӑсене илсе ҫӳреме малта пыракан меслетсемпе анлӑ усӑ кураҫҫӗ.

Сталин ячӗпе тӑракан каналӑн работникӗсем, уйрӑмах гидротехника сооруженийӗсен—шлюзсен, плотинасен тата ыттисен коллективӗсем ӗҫ вӑхӑчӗн кашни минучӗпе туллин усӑ курассишӗн кӗрешеҫҫӗ.

Канал ҫинче ӗҫлекенсем, гидросооруженисен работникӗсем, портсенче ӗҫлекенсем — Шурӑ тинӗспе Онега пароходствин пӗтӗм коллективӗ — канал 20 ҫул тултарнине ӗҫри ҫӗнӗ ҫитӗнӳсемпе кӗтсе илчӗҫ, малашне те ӗҫре ҫитӗнӳсем туса пырассишӗн ҫине тӑрса кӗрешеҫҫӗ. (ТАСС).

## Пӗтӗм Союзри чугун ҫул работникӗсен кунӗ ячӗпе

Августӑн 2-мӗшӗнче пӗтӗм ҫӗршыв Пӗтӗм Союзри чугун ҫул работникӗсен кунне уявланӑ. Ҫак кун савӑнӑҫлӑ пухусем ирттернӗ, уяв ячӗпе концертсем, халӑх гуляниийӗсем пулнӑ.

М. Горький ячӗпе тӑракан культурӑпа кану паркне ирех вуншар пин ҫын пухӑннӑ. Халӑх гулянийӗ пуҫланас умӗн кунта транспорт работникӗсене уяв ячӗпе саламласа тата малашнехи ӗҫре ҫитӗнӳсем тума ырӑ сунса, Чугун ҫул транспортӗнчи рабочисен профсоюзӗн Центральнӑй Комитечӗн председателӗ Чередниченко юлташ сӑмах тухса каланӑ. Унтан чугун ҫул работникӗсен центральнӑй культура ҫурчӗн художествӑллӑ пултарулӑх коллективӗ концерт панӑ. Уяв ячӗпе паркра массӑллӑ спорт ӑмӑртӑвӗсем пулнӑ.

Октябрьски чугун ҫул ҫинче ӗҫлекенсем (Ленинград хули) хӑйсен уявне ӗҫри ҫӗнӗ ҫитӗнӳсемпе кӗтсе илнӗ. Вӗсем грузсем тиемелли ҫичӗ уйӑхри плана срокчен тултарнӑ. Ҫулталӑк пуҫланнӑранпа машинистсем пиншер йывӑр поезд илсе ҫӳренӗ, ҫав поездсем ҫинче планран ирттерсе темиҫе миллион тонна груз турттарнӑ.

Чугун ҫул работникӗсен Пӗтӗм Союзри кунне Сталински чугун ҫулӑн коллективӗ чаплӑ уявланӑ. Пысӑк узелсенче — Днепропетровскри, Долгинецри, Мелитопольри, Волновахӑри узелсенче савӑнӑҫлӑ пухусем, халӑх гуляниийӗсем пулнӑ.

Пӗтӗм Союзри чугун ҫул работникӗсен кунӗ ячӗпе Киевра, Минскра, Тбилисире, Таллинра, Ташкентра тата ҫӗршыври ытти хуласенче массӑллӑ гулянисем пулнӑ.

Августӑн 2-мӗшӗ. (ТАСС).

### Ӗҫҫыннисем автомашинӑсем туянаҫҫӗ

СТАЛИНО. (ТАСС). Сталино хулинчи автомобильсем сутакан магазин паян «ЗИМ» йышши ҫӑмӑл автомобильсем сутма тытӑннӑ. Питӗ илемлӗ пӗрремӗш машинӑна Селидов районӗнчи Карл Маркс ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ А. С. Токарев туяннӑ. Сӑрт-ту ӗҫӗн техникӗ В. А. Агамолов Горловкӑри шахтӑна хӑй туяннӑ «ЗИМ» машинӑпа тухса кайнӑ. Халӗ «ЗИМ» йышши автомашинӑсем илсе килме тата тепӗр 6 ҫын заявка панӑ.

Тӑватӗ ҫул хушшинче магазин ӗҫҫыннисене «Победа» автомобильсем 1.350 тата «Москвич» автомашинӑсем 4 пине яхӑн сутнӑ.



Бурят-Монгол АССР-ӗ. Улан-Удэ хулинчи оперӑпа балет театрӗн ҫӗнӗ ҫурчӗ.
М. МИНЕЕВ фотоӳкерчӗкӗ (ТАСС фотохроники).

## Чугун ҫул работникӗсен кунне паллӑ туни

### КАНАШ

Чугун ҫул ҫинче ӗҫлекенсем хӑйсен уявне пысӑк ҫитӗнӳсемпе кӗтсе илчӗҫ. Станци хӑйӗн планне пур кӑтартусем енӗпе те тултарчӗ. Сӑмахран, тавар турттармалли поездсем йышӑнса илмелли плана 103 процент, вагонсем тиемелли плана 100 процент, вагонсем пушатмалли плана 126 процент тултарнӑ.

Поезд составителӗсем Евсеев, К. Николаев, П. Николаев, А. Егоров юлташсем задание 150 процента ҫити тултарса пычӗҫ. Станци дежурнӑйӗ Николаев, маневрсем енӗпе ӗҫлекен диспетчер Алимов, старши стрелочниксем Сергеевна Терентьева юлташсем ӗҫре паха тӗслӗхсем кӑтартрӗҫ.

Депо коллективӗ, хӑйӗн обязательствисене пурнӑҫласа, Пӗтӗм Союзри чугун ҫул работникӗсен кунне чылай ҫитӗнӳсемпе кӗтсе илчӗ. Пӑравуссене талӑкра вӑтам шутпа 24 километр чухлӗ ытларах илсе ҫӳренӗ, пӑравуссен техникӑлла хӑвӑртлӑхне кашни сехетре 6,6 километр ӳстернӗ, июлӗн 25-мӗшӗ тӗлне йывӑр тиенӗ составсем нумай илсе ҫӳренӗ, нормӑран ирттерсе 75 пин тонна ытларах груз турттарнӑ. Назаров, Терников, Курилев, Бакулин, Киселев, Ухов т. ыт. машинистсем уйрӑмах пысӑк ҫитӗнӳ турӗҫ.

Чугун ҫул работникӗсен кунӗ ячӗпе хулари паркра савӑнӑҫлӑ пуху пулчӗ. Унта вагонсем юсакан заводри партком секретарӗ Колокольнев юлташ доклад туса пачӗ.

Доклад хыҫҫӑн чугун ҫул ҫинче ӗҫлекенсен художествӑлла пултарулӑх кружокӗсем концерт пачӗҫ.

Хулари паркра халӑх нихҫанхинчен те йышлӑ пулчӗ. Чугун ҫул работникӗсен савӑнӑҫӗ мӗн ҫӗрлечченех пычӗ.

### УЛАТӐР

Августӑн 1-мӗшӗнче чугун ҫул работникӗсен савӑнӑҫлӑ пухӑвӗ пулчӗ. Пухура Пӗтӗм Союзри чугун ҫул работникӗсен кунӗ ҫинчен Хусан чугун ҫулӗн 3-мӗш уйрӑмӗн политотдел начальникӗ Поляков юлташ доклад турӗ.

Июлӗн 2-мӗшӗнче ӗҫҫыннисем чугун ҫул работникӗсен кунне чаплӑн паллӑ турӗҫ.

Явлейри рощӑра спорт вӑййисем пулчӗҫ.

«Локомотив» спорт обществин стадионӗнче волейбол тата чушка вӑййисемпе ӑмӑрту пулчӗ. «Торпедо» спорт обществин стадионӗнче «Трактор» спорт обществипе Сӗмӗрлери «Красная звезда» спорт обществин командисем Чӑваш республикинче футбол вӑййипе мала тухассишӗн ӑмӑртрӗҫ. Футболистсен ӑмӑртӑвӗ 1:1 шутпа вӗҫленчӗ.

Каҫхине хулари пиншер ӗҫҫыннисем паркра, кинотеатрсенче, культура ҫуртӗнче пулчӗҫ.

### Училищӗрен вӗренсе тухрӗҫ

КАНАШ. Вагонсем юсакан завод ҫумӗнчи чугун ҫул училищинчен 75 ҫамрӑк вӗренсе тухрӗ. Вӗсенчен 29 ҫамрӑк рабочи кунти вагонсем юсакан завода ӗҫлеме юлнӑ. Халӗ вӗсем ӗҫ нормине тӑтӑшах ирттерсе тултарса пыраҫҫӗ.

Ытти ҫамрӑк рабочисем Улатӑр, Красноярск тата ытти хуласене ӗҫлеме каяҫҫӗ.

## Чӑваш АССР Верховнӑй Совет Президиумӗнче

Ҫак кунсенче З. А. Андреева юлташ председатель пулса ертсе пынипе, Чӑваш АССР Верховнӑй Совет Президиумӗн ларӑвӗ пулса иртрӗ.

Президиум Куславкка районӗнчи Советсен сессийӗсенче депутатсем панӑ сӗнӳсемпе критикӑлла асӑрхаттарусене мӗнле пурнӑҫласа пыни ҫинчен, Хӗрлӗ Чутай районӗнче нумай ачаллӑ амӑшӗсене орденсемпе медальсем памалли йӗркене пӑсни тата наградӑсене алла пани ҫинчен ҫырнӑ документсене тӗрӗс мар йӗркелени ҫинчен тата ытти ыйтусене те пӑхса тухрӗ.

Малтанхи ыйтупа Куславкка райсовет исполкомӗн председателӗ Н. Ф. Смыков юлташ доклад туса пачӗ. Президиум ҫакна палӑртрӗ: райсовет исполкомӗ депутатсем район Совечӗн сессийӗсенче панӑ сӗнӳсене пурнӑҫлас тӗлӗшпе хӑшпӗр ӗҫсене туса ирттернӗ. Кашни сесси хыҫҫӑн исполком пайӗсен заведующийӗсен канашлӑвӗсем пулаҫҫӗ. Вӗсенче депутатсем сессире кӑтартса панӑ ҫитменлӗхсене пӗтерес тӗлӗшпе тумалли мероприятисене палӑртаҫҫӗ.

1952 ҫулта депутатсем сессисенче районти суту-илӳ организацийӗсен руководителӗсене кадрсем суйласа илес ӗҫ ҫине ҫиелтен пӑхнӑшӑн критикленӗ. Райсовет исполкомӗ хӑйӗн ларӑвӗнче суту-илӳ организацийӗсенче растрата тунине хирӗҫ кӗрешес ыйтӑва сӳтсе явнӑ. Суту-илӳ организацийӗсене юрӑхсӑр руководительсенчен, растрата тӑвакансенчен, халӑх шанӑҫӗнчен тухнӑ ҫынсенчен тасатнӑ. Магазинсемпе ларексенче ӗҫлекенсене воспитани парас ӗҫе вӑйлатнӑ. Ҫакӑн хыҫҫӑн Чӑвашторгӑн Куславкка уйрӑмӗнче тата райпотребсоюз системинче ӗҫ чылай лайӑхланнӑ. Кӑҫал пысӑк растратӑсем пулман.

Район Совечӗн 1-мӗш сессийӗнчен М. П. Курылева депутат Тӗрлемес станцинчи шлакпа строительствӑра усӑ курма сӗнӳ панӑ пулнӑ. Ҫак сӗнӗве пурнӑҫлас майпа районти ял Совечӗсемпе колхоз председателӗсен канашлӑвне ирттернӗ. Канашлу участникӗсем, «Коммунар» колхоза кайса, шлакпа усӑ курса тунӑ витене пӑхнӑ, строительство ӗҫӗпе паллашнӑ. Ҫавӑн хыҫҫӑн «Алга», «Красная Чувашия», Ленин ячӗпе тӑракан тата ытти колхозсем те строительствӑра шлакпа анлӑн усӑ курма тытӑннӑ.

Ҫавӑнпа пӗрлех Президиум ҫакна палӑртнӑ: район Совечӗн исполкомӗ депутатсем панӑ сӗнӳсене тӗплӗн шута илсе пымасть, вӗсене мӗнле пурнӑҫланине тӗрӗслесе тӑмасть. Депутатсен сӗнӗвӗсене мӗнле пурнӑҫлани ҫинчен исполком ларӑвӗсенче сӳтсе явман. Ҫавна пула исполкомӑн хӑшпӗр пайӗсен тата районти организацисемпе учрежденисен руководителӗсем хӑйсен ӗҫӗнче депутатсем панӑ сӗнӳсемпе критикӑлла асӑрхаттарусем ҫинчен манса каяҫҫӗ. Депутатсене вӗсен сӗнӗвӗсем тӑрӑх мӗн туни ҫинчен пӗлтермеҫҫӗ. Чылай чухне паха сӗнӳсемех пурнӑҫланмасӑр юлаҫҫӗ. Ҫакӑ, паллах, критикӑпа самокритикӑна вӑйлатма пулӑшмасть.

Район Совечӗн тата ял Совечӗсен сессийӗсенче депутатсем уйрӑм колхозсен ӗҫӗнчи тата райсовет исполкомӗн колхозсене ертсе пырас ӗҫри пысӑк ҫитменлӗхсене палӑртнӑ. Анчах райсовет исполкомӗ депутатсем критиклесе кӑтартса панисене пурнӑҫласа пымасть. Ҫавна пула райсовет исполкомӗ ялхуҫалӑхне ертсе пырас тӗлӗшпе юлса пырать. Обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетмелли плана, лашасемсӗр пусне, пӗр йышши выльӑх енӗпе те тултарман, выльӑх-чӗрлӗх тухӑҫлӑхӗ пӗчӗк. Ялхуҫалӑх артелӗн Уставне пӑсасси халӗ те пӗтмен-ха. Ҫавӑн пекех районти сутӗҫ тата сывлӑх пайӗсем енӗпе депутатсем каланӑ критикӑлла асӑрхаттарусене те пурнӑҫламан.

Район Совечӗн исполкомӗ Советсен массӑлла-организацилле ӗҫне лайӑхлатас тӗлӗшпе депутатсем панӑ сӗнӳсене те пурнӑҫласа пымасть. Поселок тата ял Совечӗсен сессийӗсем вӑхӑтра пулмаҫҫӗ. Сесси пуласси ҫинчен тата унта сӳтсе явма тӑратнӑ ыйтусем ҫинчен депутатсене вӑхӑтра пӗлтермеҫҫӗ. Сессисенче депутатсен активлӑхӗ сахал, критикӑпа самокритика вӑйсӑр. Критикӑлла асӑрхаттарусене шута илсе пырассине йӗркелемен. Тӗрлемес ял Советӗнче депутатсем колхозсенчи ялхуҫалӑх машинисене вӑхӑтра тата лайӑх юсама кӑтартса хӑварнине пурнӑҫламан. Муркар ял Советӗнче — ҫӑл, ҫавӑн пекех пушара хирӗҫ кӗрешмелли хатӗрсене юсама хушнине, Минкӗш ял Советӗнче — колхоз итемне йӗркелеме, авӑн ҫапмалли машинӑпа ут хатӗрӗсене юсама хушнине пурнӑҫламан. Кунта выльӑх-чӗрлӗх витисене юсама, выльӑхсене лайӑхрах пӑхма хушса хӑварнисем те хут ҫинче кӑна юлнӑ.

Райсовет исполкомӗ Советсен ялан ӗҫлекен комиссийӗсен ӗҫне лайӑхлатас тӗлӗшпе тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнмасть. Ҫавна пула чылай комиссисем нимӗн те тумаҫҫӗ, сессисенче пӑхса тухма лартакан ыйтусене хатӗрлес ӗҫе хутшӑнмаҫҫӗ.

Верховнӑй Совет Президиумӗ Куславкка райсоветне депутатсем панӑ сӗнӳсене, критикӑлла асӑрхаттарусене шута илсе пыма хушрӗ. Кашни сесси хыҫҫӑн вӗсем ҫинчен исполком пайӗсен, организацисемпе учрежденисен руководителӗсене пӗлтермелле, пурнӑҫлама хушмалла. Ҫапла вара районта хуҫалӑхпа культура строительствинче ӳсӗмсем тума тӑрӑшмалла. Ҫак ӗҫре уйрӑмах ялхуҫалӑхне ертсе пырас ӗҫри ҫитменлӗхсене пӗтерес ӗҫ ҫине тимлӗ пӑхмалла. Депутатсен сӗнӗвӗсене пурнӑҫлас ӗҫре исполком пайӗсен, учрежденисемпе организацисен тата предприятисен руководителӗсен ответлӑхне ӳстермелле. Вӗсен ӗҫне куллен тӗрӗслесе тӑрассине вӑйлатмалла. Исполком ларӑвӗсенче лартнӑ ыйтусем ҫинчен, сӗнӳсене мӗнле пурнӑҫлани ҫинчен депутатсене тӑтӑшах пӗлтерсе тӑмалла. Депутатсен сӗнӗвӗсене шута илсе пурнӑҫлас ӗҫре ял тата поселок Совечӗсене куллен пулӑшмалла, ялан ӗҫлекен комиссисен рольне ӳстермелле. Ҫав комиссисене ял Совечӗ умӗнче тӑракан задачӑсене ӑнӑҫлӑн пурнӑҫлассишӗн кӗрешме мобилизацилемелле.

Иккӗмӗш ыйтупа Президиум Хӗрлӗ Чутай райсовет председателӗ И. Ф. Осипов юлташ тунӑ отчета итлесе сӳтсе яврӗ, ун тӑрӑх тивӗҫлӗ постановлени йышӑнчӗ.

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Решенисене организацилле ĕçсемпе çирĕплетмелле

Иртнĕ отчетлă суйлав пухăвĕнче Красноармейски районĕнчи «Волга» колхозри коммунистсем партбюрона партилле-политикăлла тата организацилле ĕçе начар туса пынăшăн хытă критиклерĕ. Вĕсем партбюрона коммунистсемпе колхозри кадрсен политикăлла пĕлĕвне ӳсри хастарлăхне ӳстерессишĕн, колхоз хуçалăхне аталантарса пырассишĕн, колхозниксен анлă массисене умри задачăсене пурнăçлама мобилизацилессишĕн ытларах тăрăшма хушса хăварнă. Коммунистсем, çавăн пекех, партбюрона йышăннă решенисене мĕнле пурнăçланине кулленех тĕрĕслесе тăма сĕнчĕ.

Анчах та коммунистсен çак ĕçлĕ сĕнĕвĕсене партбюро пурнăçласа пымасть. Парти пухăвĕсенче йышăннă решенисем чылайăшĕ хут çинче юлаççĕ. Ертсе пырассин партилле принципне—решенисене организацилле ĕçпе çирĕплетессине пурнăçа кĕртменни парторганизаци колхоз производствинчен уйрăлса кайасси патне, артель хуçалăхĕ начарланасси патне илсе çитернĕ. Çакна юлашки çулсенче артель хуçалăх ĕçĕсенче юлса пыма тытăнни те, тырпул тухăçлăхĕ, выльăх-чĕрлĕх продуктивлăхĕ чакни те çирĕплетсе парать.

Колхозра ĕç ресурсĕсемпе çителĕклĕ усă курмаççĕ. Иртнĕ çулта хăшпĕр колхозниксем ĕçкунĕсен минимумне тултарман. Колхозри ĕçсене механизацилеме пур майсем те çителĕклĕ. Колхоза Алманч гидроэлектростанцийĕнчен энерги парать. Унпа халĕ пӳртсене çутатнă çĕрте кăна усă кураççĕ. Колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана ĕнесем, сыснасем, кайăк-кĕшĕк енĕпе тултарман.

Колхозра малта пыракан совет агрономи наукин çитĕнĕвĕсемпе, ялхуçалăхĕнчи новаторсен опычĕсемпе усă курмаççĕ. Çĕре минераллă удобренисемпе çемçетмеççĕ, вырăнти удобренисем пухмалли плана та тултармаççĕ. Çĕре çĕнĕ, прогрессивлă майсемпе сухаласа акмаççĕ, курăксем акмалли пусă çаврăнăшне кирлĕ пек йĕркелесе çитермен.

Парторганизаци çак çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе йышăннă решенисенчен чылайăшĕ пурнăçа кĕмен. Кăна хăшпĕр тĕслĕхсемпе çирĕплетсе пама пулать. Колхозра суракине хатĕрленес ĕç япăх пынă. Мартăн 28-мĕшĕнче пулнă хупă пухура апрелĕн 2-мĕшĕнче уçă пуху иртерме, унта суракине хатĕрленес ĕç мĕнле пыни çинчен уй-хир бригадирĕсен отчечĕсене итлеме палăртнă. Ĕçе юсаса яма пулăшма бригадăсем сумне коммунистсене çирĕплетнĕ. Анчах палăртнă пуху пулман. Коммунистсем поручениесене мĕнле пурнăçласа пынине те партбюро тĕрĕслемен. Колхоз суракине япăх вĕçленĕ.

Апрелĕн 9-мĕшĕнче пулса иртнĕ хупă пухура ялти агитацилле-массăлла ĕçе лайăхлатасси çинчен сӳтсе явнă. Агитколлективăн планпа ĕçлемелле, плана кашни уйăхрах парти пухăвĕнче çирĕплетмелле, уйăхра икĕ номер стена хаçачĕ кăлармалла, вулав çурчĕпе ялти клубăн ĕçĕсене лайăхлатмалла. Çавăн пек шухăшсем панă коммунистсем. Ку пухурах уй-хир бригадисем хушшинчи социализмла ăмăртăва вăйлатма решени йышăннă.

Çак решени те, организацилле ĕçпе çирĕплетменнине пула, пурнăçланман. Агитколлектив ку таранччен планпа ĕçлемест. Тунă ĕçсене учета илмеççĕ. Докладсемпе калаçусем иртерес ĕçе те çителĕксĕр туса пыраççĕ. Бригадăсенче социализмла обязательствăсем йышăнман, пĕрпĕринпе ăмăртса ĕçлеме договорсем туман.

Колхозри стена хаçачĕ çаплах йĕркеллĕ тухман. Çавна пула майăн 14-мĕшĕнче пулса иртнĕ пухура стена хаçачĕн ĕçне лайăхлатмалли майсене палăртнă. Партбюро йышăннă решени мĕнле пурнăçланса пынине каллех тĕрĕслемен. Çакăн хыççăн та, паллах, стена хаçачĕн ĕçĕ лайăхланман.

Колхозра 18 коммунист. Пысăк вăй. Çав вăйпа колхозри обществăлла хуçалăха аталантарас тĕлĕшпе йышăннă решенисене ăнăçлă пурнăçа кĕртсе пыма пулать. Анчах партбюро парторганизаци вăйĕпе тĕрĕс усă курмасть.

Çулталăк хушшинче пулса иртнĕ 14 пухура пуринчен ытла райкомран хушнă ыйтусене сӳтсе явнă. Пуху протоколĕсенче колхоз производствинчен тухса тăракан тĕп ыйтусене курма çук.

«Волга» колхозри парторганизаци начар ĕçлени КПСС райкомĕнче паллă. Май уйăхĕнче пулса иртнĕ райком пленумĕнче ку колхозри парторганизаци секретарĕн М. Иванов юлташăн докладне итлесе сӳтсе явнă.

Парторганизаци ĕçне тĕрĕслес ĕçе райком секретарĕсем хутшăнман. Çавна пула пленум решенийĕнче колхоз юлса пыни мĕнрен килнине тарăнăн уçса палăртайман. Пленум решенине ку таранччен те пурнăçлама тытăнман. Райком решение парторганизацине ярса панă та лăпланнă. Решение паян куна та коммунистсен пухăвĕнче сӳтсе явман.

— Эпĕ пленум хыççăн пуху иртерме райком секретарĕсем килсе, мана çав решение пурнăçлама пулăшасса кĕтнĕччĕ,— тет М. Иванов.— Анчах вĕсем кăна мар, пленум хыççăн пирĕн пата райкомран пĕр çын та килмерĕ.

Партбюро секретарĕн М. Иванов юлташăн практикăлла ĕç опычĕ сахал. Вăл хăй те чылай ĕçсене йĕркелеме пĕлейменни çинчен каласа парать. Анчах та КПСС райкомĕ ăна партилле-организацилле ĕçсене лайăхлатма кирлĕ пек пулăшмасть.

**Н. ОРЛОВ.**
(Хамăр корр.).

## Коммунистсем — ăмăрту организаторĕсем

Жданов ячĕпе тăракан колхоз — Чкаловски районĕнчи чи пысăк колхозсенчен пĕри. Колхоз членĕсем кăçал кашни гектартан 110 пăтран кая мар тĕштырă ӳстерсе илме обязательство йышăнчĕç.

Колхозри пуçламăш парторганизаци пĕтĕм вăйне социализмла обязательствăсене чыслăн пурнăçлассишĕн кĕрешме мобилизацилет. Колхозри коммунистсемпе комсомолецсем — тырпул пухса кĕртес ĕçĕн чи ответлă участокĕсенче, вĕсем хăйсен пархатарлă ĕçĕсемпе ытти колхозниксене хавхалантараççĕ.

Витĕнĕ итем çинче ĕçлеме парторганизаци сĕнипе правлени А. Валитов, З. Махмутов, С. Шамбазов коммунистсене уйăрнă. Коммунистсем çапнă тырра государство склачĕсене леçме тасатаççĕ, михĕсене тултарса машинăсем çине тиеççĕ. Коммунистсен пархатарлă ĕçĕ — куç умĕнче. Вĕсем тасатнă тырра хатĕрлев пункчĕсенче ним тиркемесĕр илеççĕ.

КПСС членĕ М. Мизаков юлташ çĕнĕ тырра хума амбарсем хатĕрлес тĕлĕшпе ответлă. Вăлах зерносушилкăсен ĕçне тĕрĕслесе тăрать. А. Солдатовпа Ш. Хайбуллов коммунистсем колхозниксемпе пĕрле хирте ĕçлеççĕ, ĕç пахалăхне тĕрĕслесе тăраççĕ.

КПСС членĕсем Б. Алеевпа З. Карама юлташсем хăш участокра тырăсем пиçсе çитнине сăнаççĕ. Вĕсен пуçарăвĕпе колхозра тырпулсем пĕтĕмпех ĕлкĕрессе кĕтмесĕр, уйрăм участоксенче суйласа вырас ĕçе йĕркеленĕ.

Колхозăн кăçал 1.083 гектар çинчен ыраш, 1.565 гектар çинчен çуртри пухса кĕртмелле. Артель членĕсем çак ĕçсене кĕске вăхăтра туса пĕтерессишĕн кĕрешеççĕ. Вĕсем хăйсем çине çакăн пек обязательствăсем илнĕ: кĕрхи культурăсене 7 ĕç кунĕ хушшинче, çуртирисене 15 ĕç кунĕ хушшинче, тырă вырса пĕтерсен 10 кун иртиччен пĕтĕм тырпула капана хумалла.

Колхозри пуçламăш парторганизаци хăйĕн ĕçне çак задачăсене пăхăнтарса тăвать. Пуçламăш парторганизаци партин уçă пухăвĕнче «Тырпулсене кĕске вăхăтра тата пĕр тăккаламасăр пухса кĕртес, государствăна срокчен ялхуçалăх продукчĕсем парса татас» [illegible] сӳтсе яврĕ, ку ĕçри палăртнă çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе кĕрешӳ пуçарчĕ, колхоз членĕсене çĕнĕрен те çĕнĕ ӳсĕмсем тума мобилизацилерĕ.

Пуçламăш парторганизаци тырпул пухса кĕртме пуçăнас умĕн агитаторсен йышне тепĕр хут пăхса тухса çирĕплетрĕ. Халĕ колхозри агитколлективра 51 агитатор. Кашни агитатор—вырăнта. Механизаторсем патĕнче ĕçлеме чи лайăх агитаторсене З. Якушев, Г. Ахсянов, Ш. Шенеев юлташсене çирĕплетнĕ.

Парторганизаци бюровĕ агитаторсемпе пĕрле тырпул пухса кĕртмелли тапхăр валли докладсемпе калаçусем ирттермелли тематика туса хатĕрленĕ. Массăлла-политикăлла ĕç планне те бюро ларăвĕнче çирĕплетнĕ. Агитколлектив çав план тăрăх ĕçлет.

Ăмăрту вăйĕ—ăна халăх тĕрĕслесе тăма пултарнинче. Пуçламăш парторганизаци социализмла ăмăрту мĕнле пыни çинчен колхоз членĕсене пĕлтерсе тăрать. Колхозри пур бригадăсенче те кăтарту хăмисем пур. Бригадăсем, уйрăм колхозниксем хушшинче ăмăрту мĕнле пынине тăтăшах тĕрĕслессине йĕркеленĕ. Парторганизаци пуçарăвĕпе кашни тĕрĕслӳ хыççăнах ăмăрту итогĕсене бригадăри колхозниксем пĕрле сӳтсе яваççĕ.

Социализмла ăмăрту мĕнле пынине колхоз членĕсене тăтăшах пĕлтерсе тăрас тĕлĕшпе стена хаçачĕ тата боевой листоксем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Кунта тырпул пухса кĕртме тухнăранпа икĕ хутчен стена хаçачĕ кăларнă, боевой листоксене кашни виçĕ кунта пĕрре кăлараççĕ.

**И. МЕШКОВ.**

## Хаçат страницисем тăрăх

### ТЫРПУЛА ВĂХĂТРА, ПĔР ТĂКАКСĂР ПУХСА КĔРТЕССИШĔН

Первомайски районĕнчи «Коммунар» хаçат колхозниксемпе механизаторсене тырпула вăхăтра, пĕр тăкаксăр пухса кĕртме чĕнсе материалсем нумай пичетлет. Июлĕн 23-мĕшĕнче тухнă номерте В. Саинов комбайнер, Т. Малов машинист, трактор бригадин бригадирĕ С. Корнилов юлташсем хăйсен ĕç опычĕпе паллаштараççĕ.

«Иртнĕ çул манăн комбайнпа 180 гектар çинчи тырпула пухса кĕртмеллеччĕ, эпĕ 280 гектар пухса кĕртрĕм. Анчах ку манăн çителĕксĕр.

Кăçал эпĕ Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра ĕçлетĕп. Сезон вĕçлениччен самоходнăй комбайнпа 400 гектар тырă вырма обязательство илтĕм»,—тесе çырать В. Саинов комбайнер. Вăл тырă вырма тухнă малтанхи кунсенчех ĕç нормине тултарса пыма тăрăшни çинчен пĕлтерет.

«МК-1100» молотилка машинисчĕ Т. Малов юлташ çапла каласа парать:

«Авăн çапнă вăхăтра эпĕ кашни секетпе туллин усă курма тăрăшатăп. Эпир молотилкăна ĕçленĕ вăхăтра чарса тăмастпăр. Унăн агрегачĕсене кăнтăрлахи апат вăхăтĕнче е ирхине ĕç пуçланиччен пăхса тĕрĕслетпĕр, пĕчĕк кăлтăксене çийĕнчех тӳрлететпĕр».

### ТУНĂ ÇИТĔНӲСЕМПЕ ЛĂПЛАНСА ЛАРМАЛЛА МАР

Канаш районĕнчи финанс работникĕсемпе ял Совечĕсем социализмла ăмăртăва анлăн сарса пырса, иккĕмĕш кварталта укçа-тенкĕ пухас тĕлĕшпе пысăк çитĕнӳсем тунă. Ял Совечĕсем укçа-тенкĕ пухмалли плана 112,6 процент, страховка укçи пухмалли плана 164,4 процент тултарнă. Иккĕмĕш кварталти финанс планне район, пĕтĕмĕшпе илсен, 185,7 процент тултарнă. Финанс пайĕ республикăра иккĕмĕш преми илме тивĕçлĕ пулнă.

«Виççĕмĕш кварталти финанс планне срокчен тултарассишĕн» ятлă статьяра районти «Коммунизмшăн» хаçат çапла çырать: «Анчах тунă çитĕнӳсемпе лăпланса ларни пулмалла мар. II-мĕш кварталти çитĕнӳсем малалла тата лайăхрах ĕçлеме, III-мĕш кварталти финанс планне тата чылай ирттерсе тултарма хушаççĕ».

Хаçат районта III-мĕш кварталта халăхран укçа-тенкĕ пухас ĕç чылай япăхланни çинчен çырать. Малтанхи çитĕнӳсемпе лăпланса ларнă работниксене, ял Совет председателĕсене критиклет.

Укçа-тенкĕ пухмалли плана кварталтан квартала ирттерсе тултарнипе эпир хамăрăн Тăван çĕршыва тата ытларах тĕреклетме пулăшатпăр» тесе çырать юлашкинчен хаçат.

Виççĕмĕш кварталти финанс планне срокчен тултарма чĕнсе Етĕрне районĕнчи «Коммунист» хаçат та нумай материалсем тата умстатья пичетленĕ.

Финанс планне тултарассишĕн кĕрешесси финанс работникĕсен кăна мар, партипе совет организацийĕсен те хисеплĕ тивĕçĕ пулса тăрать. Районти хаçатсен çакна ялан асра тытмалла, ĕççыннисене финанс ĕçĕнче çитĕнӳсем тума мобилизацилемелле.

### МАЛТА ПЫРАКАНСЕН ОПЫТНЕ—ПУР КОЛХОЗСЕНЕ ТЕ

Калинино районĕнчи «Гвардеец» колхоз выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе чылай çитĕнӳсем тунă. Колхозра строительство ĕçĕсем анлăн сарăлса пыраççĕ. Кăçал кирпĕчрен 40 лаша вырнаçмалăх, йывăçран 80 лаша вырнаçмалăх çĕнĕ витесем тунă. Халĕ саманран 2.000 пуç кайăк-кĕшĕк валли вите тăваççĕ.

«Гвардеец» колхозра районти колхоз председателĕсемпе ферма заведующийĕсен тата строительство бригадипе выльăх апачĕ хатĕрлевĕн бригадăн бригадирĕсен семинарĕ пулса иртни çинчен районти «Сталин çулĕпе» хаçат статья пичетленĕ.

Семинарта пулнисем «Гвардеец» колхозăн выльăх-чĕрлĕх витисене пăхса, выльăх апачĕн çирĕп никĕсне туса хурас ĕççенчи опытпа паллашнă.

«Ĕçĕн ăнăçлăхне кадрсем татса параççĕ,—тет семинарта пулнисене колхоз председателĕ Е. Воробьев юлташ.—Çавăнпа та эпир кадрсене тĕрĕс суйласа илессипе воспитани парассишĕн, вĕсен пĕлĕвне ӳстерессишĕн тимлĕн тăрăшатпăр».

«Семинарта пулнисем,—тесе çырать хаçат,—районти хăшпĕр колхозсенче выльăх апачĕ хатĕрлесси, выльăх-чĕрлĕхе усрама çĕнĕ витесем тăвасси çителĕксĕр пулса пынине палăртрĕç. Свердлов ячĕпе, Булганин ячĕпе тăракан колхозсенче выльăх апачĕ хатĕрлес ĕç çине сиелтен пăхаççĕ.

Чылай колхозсенче çулçăллă апатсемпе витаминлă утă, армути тата вĕлтĕрен пачах та хатĕрлемен».

Тырă вырнă вăхăтрах колхозсен выльăх апачĕ хатĕрлес ĕç çине те тимлĕ пăхас пулать. Унсăрăн йышлă та пысăк тухăçлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетесси çинчен сăмах та пулма пултараймасть. Выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçре малта пыракан колхозсен опычĕпе анлăн усă курмалла.

### ТĔЛПУЛУ КАÇĔ

Пăрачкаври И. Н. Ульянов ячĕпе тăракан педагогика училищи—Совет Союзĕнчи чи малтан уçнă педагогика училищисенчен пĕри.

Районти «Знамя коммунизма» хаçат çак кунсенче педагогика училищинче ĕлĕк унта вĕреннĕ çынсем тĕлпулни çинчен çырать.

«Тĕлпулу каçĕнче,—тенĕ хаçатра,—педагогика училищин вĕрентӳ пайĕн заведующийĕ М. И. Степанцов «И. Н. Ульянов ячĕпе тăракан педагогика училищи ĕлĕк тата халĕ» тема тăрăх доклад туса пачĕ.

Училищĕрен пурĕ 2.236 учитель вĕренсе тухнă. Вĕсем çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕсенче ĕçлеççĕ. Вĕренсе тухнисем хушшинче паллă çынсем сахал мар. В. В. Кузнецов—ССР Союзĕн Китай Халăх Республикинчи посолĕ. Абрамов—хими наукисен докторĕ. Хусанти В. И. Ульянов-Ленин ячĕпе тăракан государство университетĕнчи органикăлла хими кафедрин доценчĕ; Громов — доцент, Сталинла премии лауреачĕ; Лазарев—ялхуçалăх наукисен докторĕ; Мухин — Чайковский ячĕпе тăракан Государство Консерваторийĕн профессорĕ. Яшин тата Паршин юлташсем Совет Союзĕн Геройĕ ятне илме тивĕçлĕ пулнă».

### УРАМ КОМИТЕЧĔСЕМ ÇИНЧЕН

Улатăр районĕнчи «Ленинский путь» хаçат «Малта пыракан урам комитетĕнче» ятлă статьяра çапла çырать:

«Кăçал урам комитетĕнче выльăх-чĕрлĕх переписĕ çинчен, налог укçин пĕлтерĕшĕ, ерекен чир-чĕрсенчен мĕнле сыхланмалли çинчен тата ытти темăсем тăрăх та докладсем туса панă. Хулари коммунальнăй хуçалăх пайĕн заведующийĕ Лесных хăй депутат тивĕçне мĕнле пурнăçласа пыни çинчен отчет туса панă. Фундылер юлташ Хĕрлĕ Хĕрес обществи çинчен доклад тунă. Ун хыççăн урам комитетĕнче ку обществăн 100 çынтан тăракан пуçламăш организацине йĕркеленĕ».

Статьяра 37-мĕш номерлĕ урам комитечĕ план тăрăх ĕçлени, унăн активисчĕсем хула благоустройствишĕн тăрăшни çинчен, урам комитечĕ Стрелецки урамĕнчи ачасем шкулта мĕнле вĕреннипе тăтăшах интересленни çинчен тата ытти ĕçсем çинчен те тĕплĕ çырса кăтартнă.

## Массăлла-политикăлла ĕçе ертсе пымаççĕ

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. Туканашри Мичурин ячĕпе тăракан колхоз тырпул пухса кĕртме лайăх хатĕрленнĕ: кĕлетсене юсанă, дезинфекциленĕ; авăн çапмалли тата тырă тасатмалли машинăсене хатĕрлесе çитернĕ, тырă турттарма 600 михĕ ытла хатĕрленĕ. Тырă вырнă çĕрте кашни кун 320 çынран кая мар ĕçлет. А. Зайцева, М. Кряжинова, В. Сатлайкин, П. Перова, Парасковиянна Татьяна Волковăсем кашни кунхи нормăна 150—170 процент тултараççĕ.

Государствăна тырă леçсе пама 25 çынран уйрăм бригада организациленĕ.

Анчах колхозри пуçламăш парторганизаци колхозниксемпе колхозницăсене ĕçре çителĕксĕр хавхалантарса пырать. Массăлла-политикăлла ĕçе кирлĕ пек организацилемен. 30 агитатортан нумайăшĕ ĕçлекен колхозниксем патне пырса та курмаççĕ, тырă вырма тухнăранпа стена хаçачĕпе боевой листоксем пĕрре те тухман. Бригадăсем тата колхозниксем хушшинче социализмла ăмăртăва йĕркелемен. Куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялав колхоз правленинче пĕр вырăнтах тăрать, кăтарту хăми, хисеп хăми çук.

Парторганизаци секретарĕ Кокшайкин юлташ колхозри ĕçпе сахал интересленет, вăл тырă вырма пуçланăранпа та уя тухса курман.

**А. КАРПОВ.**

## Хаçат витринисем кирлĕ

Машина-трактор станцин килкартишĕ умĕнче бензин патне килнĕ икĕ колхозник калаçса тăраççĕ.

— Корейăра вăрçма чарăннă теççĕ-ха,— тет пĕри.

— Чăнахах-ши вăл?—ыйтать тепри.

— Радиопа пĕлтерчĕç тет.

— Апла пулсан, вăл хыпар çинчен хаçатсем çине те çырнă пулĕ-ха?

— Ара, çырмасăр.

Çак вăхăтра çамрăкрах йĕри-тавралла пăхса илчĕ.

— Кунта хаçат витрини çук пулас, вуласах пăхмаллаччĕ,—терĕ.

— Кунта мар, цĕтĕм Муркашĕпе те çук,—таварчĕ ăна хирĕç ватăраххи.

Колхозниксем ахаль мар пăшăрханаççĕ. Чăнах та, Муркаш урамĕсенче хаçат витринисем ниçта та çук.

Хаçат витрини нагляднăй агитацин кирлĕ форми пулса тăрать. Анчах çакна Муркашра пачах хакламаççĕ. Район центрне ĕççыннисем тĕрлĕ ĕçпе кулленех йышлăн пыра-пыра каяççĕ. Çуллахи вăхăтра вĕсен культурăпа çутĕç учрежденисене çитарласа кĕрсе хаçат вулама вăхăт та çуврах. Урамсенче хаçат витринисем пулсан, паллах, кашни иртен-çӳрен çынах хаçата вуласа пăхма, тĕнчери тата Тăван çĕршыври çĕнĕ хыпарсене çийĕнчех пĕлме пултарать.

Муркашра районти библиотека, культура çурчĕ, КПСС райкомĕн библиотеки, вулав çурчĕ, Союзпичетĕн уйрăмĕ пур, вĕсем пурте Мускавра тата республикăра тухса тăракан хаçатсене чылай илсе тăраççĕ. Вĕсем кашниех хаçат витринисем организацилеме пултараççĕ. Анчах çакна тума пуçарулăх çукки кăна чăрмантарать. Район центрĕн урамĕсенче Мускавра тата республикăра тухса тăракан хаçатсен витринисем пулма тивĕç.

**П. ПАВЛОВ.**

## *Профсоюз активĕн семинарĕ*

КПСС Элĕк райкомĕпе облпрофсовет районти профсоюз активĕн семинарне ирттерчĕç. Семинарта профсоюз организацийĕсен вырăнти комитет председателĕсем — пурĕ 45 çын пулчĕ.

Профсоюз активне «Партин XIX-мĕш съезчĕ—совет халăхĕн коммунизм тăвас ĕçри кĕрешӳ программи» тема тăрăх, И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă ĕçĕ çинчен, «Совет профсоюзĕсем—коммунизм шкулĕ» тата ытти темăсем тăрăх лекцисем вуласа пачĕç.

Вырăнти комитет председателĕсем профсоюз организацийĕсен шалти ĕçĕсене йĕркелесси çинчен сӳтсе яврĕç.

**А. АЛЕКСЕЕВ.**

# *Мичуринскра*

Ӳсентăрансен тĕнчине тĕмĕнле тĕлĕнмелле япаласем те пур. Анчах та çурçĕр хĕвелĕ айĕнче ешĕрсе ларакан сад-заповедникран лайăхраххи тата илемлĕрехи урăх нимскер те çук. Ахальтен мар кунта çав сада пăхса килнине пиншер çын килсе каять. Çĕр çинчи çак чаплă кĕтесе Мичурин генийĕ туса хăварнă. Ку сада пĕр кĕрсен тухас та килмест. Кашни йывăç, кашни тĕм илĕртет, чун-чĕрене килентермеллипех килентерет.

Сада кĕмелли хапха çине çапла çырса хунă: «Эпир çутçанталăкран ырлăхсем кĕтсе ларма пултараймастпăр, вĕсене унран илесси—пирĕн задача». Çак хăюллă та пархатарлă тĕллеве пурнăçлама аслă ученăй Иван Владимирович Мичурин хăйĕн пĕтĕм пурнăçне панă. Вăл улма-çырла сорчĕсем виççĕр ытла çĕнĕрен туса кăларнă, кунсăр пуçне тата чĕрĕ çутçанталăка улăштарса çĕнетме май паракан вĕренӳ туса хатĕрленĕ.

Мичурин садĕнче пĕрре те ахаль садри пек мар. Акă антоновка улма йывăççи. Вăл çĕршывăн вăтам тăрăхĕнчи сачĕсенче нумай тĕл пулать. Антоновкăна улăштарса лайăхлатас тĕлĕшпе Мичурин сахал мар тăрăшнă. Кун хыççăн вырăс улмуççийĕнчен чăнахах та шанчăк тĕлĕнмелле. Мичурин улăштарса çĕнетнĕ хыççăн антоновка тăрăхларах та кĕтеслĕрех пулса тăнă, кашни улмийĕ 600-шер грамм таять! Кун пек шултра улмана урăх çĕрте ниçта та кураймастăн. «Антоновка шестисотграммовая», тесе ят панă ăна Мичурин.

Малалла утатăн та кайăк ырă япаласем куратăн. «Удивление» тесе ят панă улмуççи сортне чарăнса пăхса тăмасăр мĕнле иртсе кайăн-ха. Чăнахах та, ăçтан тĕлĕнмĕн-ха ку улмуççирен?.. Францире ӳссе çитĕнекен улмуççи пулнă вăл. Ăна Мичурин садĕнче улăштарса çĕнетнĕ. Ăшша юратаканскер, кунта вăл сивве тӳсекен пулса тăнă. «Удивление» сорт улмана татса илĕр те çĕçĕпе касăр. Сарă хупă айĕнчен шерпет пек тутлă шăрşлă хĕрлĕ-сарă шĕвек тапса тухать.

Ӳсентăрана Мичурин пек улăштарса çĕнетекен çын тĕнчере урăх пулман-ха.

Садра пыратăн та юмах чăн япала пулса тăнине куратăн. Тĕрлĕ тĕспе сиçсеçсĕ çимĕçсем. Мĕн-мĕн кăна çук пулĕ ку садра! Тĕрлĕ сортлă улмуççисем питĕ нумай. Хăшĕ вĕсенчен тутлăрах та шерпетлĕрех çимĕç панине тавçăрса илме те çук пулĕ. Кашниех вĕсенчен хăйне майлă чаплă. Акă, сăмахран, «бельфлер-китайка» сорта илсе пăхăпăр. Унăн кашни улми 400 грама яхăн туртать. Тути унăн питĕ лайăх. Улма çемçийĕ шап-шурă та вĕтĕ пĕрчĕллĕ, çăварта хăй тĕллĕн тенĕ пекех саланса каять. Ку сорта «Бельфлер желтый американский» улмуççине хăй тĕллĕн ӳсекен «Китайкăпа» пĕтĕçтерсе тунă. Çĕнĕ сорт кăнтăрта ӳсекен улмуççи сорчĕн пысăк пахалăхне—çимĕç тутине тата «Китайкăн» сивве чăтма пултаракан пахалăхне пĕрлештерсе тăрать. Халĕ ăна çурçĕр енчи районсенче те ларса ӳстереççĕ.

«Пепин шафранный» сорт улмаран илемлĕрехи нимскер те çук, тейĕн. Вăл шултра мар, анчах тĕсĕ питĕ илемлĕ. Ун çийĕпе йăмăх хĕрлĕ пăнчăсем курăнаççĕ. Улмаран пылак-кăсак шăршă сапать. Çурçĕр енчи хĕвел айĕнче ку улма пиçсе çитессе ĕненес те килмест. «Пепин шафранный» сорт улма хĕлĕпе пăсăлмасăр сыхланса усранать. Унăн йывăççи сивве та, тип çанталăка та лайăх тӳссе ирттерет. Союзăн Европа пайĕнчи садсенче паллă вырăн йышăнать.

Акĕ, Мичурин селекцийĕн тепĕр чаплă тĕслĕхĕ. Ăна груша та, улмуççи те теме пулать. Йывăççи унăн улмуççи пек, çимĕççи вара груша майлă. Вăл улмуççине груша çине сыпса пулнă.

Улмуççи тата груша, паллă ĕнтĕ, пĕрпĕрне сывăх тăраççĕ. Халĕ илĕпĕр чиепе çĕмĕрте. Вĕсене мĕнле пĕтĕçтермелле-ши? Вĕсем тĕрлĕ тĕслĕ йывăççем шутланаççĕ-çке-ха. Çавăн пек тĕрлĕ тĕслĕ йывăççене пĕтĕçтересси çинчен Мичуринччен никам та шутласа пăхман. Чиепе çĕмĕрте пĕтĕçтерес задачăна ăнăçлă татса парса, Мичурин «Церападус» текен гибрид туса хума пултарнă. Çак тĕлĕнмелле йывăç çинчен куçа та илес килмест: çырлисем чиенни пек, анчах вĕсем çĕмĕрт çырлисем пек вырнаçса тăраççĕ. «Церападус» йăлтах çĕнĕ ӳсентăран. Ăна çĕр çинче урăх ниçта та курас çук.

Çапла ĕнтĕ, Мичурин ученăйсене çутçанталăкра çук ӳсентăрансем туса кăларма çул кăтартса панă. Аслă ученăй ялан çавăн пек творчествăлла ĕçлеме чĕннĕ, çутçанталăкра хăйсем тĕллĕн пулса пыракан ӳсентăрансенчен этем лайăхрах ӳсентăрансем туса кăларма пултарасса çирĕп шанса тăнă. Çав шухăш мĕн тери тĕрĕс пулнине Мичурин садĕнче яр-уççăн куратăн.

Мичурин туса кăларнă улма-çырла йывăççисен ячĕсем тата вĕсем çинчен кĕскен çырнисем ученăйăн пĕр томне йышăнаççĕ. Тĕнчери селекционерсенчен çĕнĕ ӳсентăрансем туса кăларас тĕлĕшпе унпа хисеп енĕпе те, пахалăх енĕпе те никам та танлашма пултараймасть.

Çĕнĕ ӳсентăрансем ĕрчетсе кăларакан аслă çын пирĕнтен 18 çул каялла уйрăлса кайрĕ. Мичурин сачĕ унăн паллăкĕ пулса тăрать. Совет ученăйĕсем тăрăшнипе вăл пысăкланать, кашни çулах чечеке илемлĕрех ларать.

...1953 çулхи çуллахи кун. Эпир Мичурин садне кĕретпĕр. Мĕнле тĕслĕ сăрсем, мĕнле тĕрлĕ шăршсем çук пулĕ кунта! Чăнах та, хăвăрах шута илĕр-ха, икĕ пин тĕслĕ сортлă çимĕç йывăççисемпе çырласем чечекре чухне мĕн тери ырă хăват пулма кирлĕ!

Академик Павел Яковлевич Яковлев садри хăйĕн ӳсентăранĕсем патне кашни ир туха-туха кăрет. Ученăй халĕхи вăхăтра персик çитĕнтерес тĕлĕшпе уйрăмах тăрăшса ĕçлет. Мичуринскра персик! Ытла та хăюллă япала. Чăн та, çурçĕр хĕвелĕ айĕнче çав фрукт пирĕн пулатех. Ăна ӳстерсе хăнăхтарас ĕççем Мичурин садĕнче вĕçленсе пыраççĕ.

Яковлев академикăн селекци участокĕнче тĕрлĕ ӳсентăрансем нумай. Эсир çутçанталăкра хăçан та пулин терпипа персика пĕтĕçтерниччен çĕнĕ ӳсентăран пулса кайнине курнă-и? Çутçанталăкра чиепе персикрен çимĕç йывăççи пулса кайнине курнă-и тата? Çавăн пек гибридсене халĕ Павел Яковлев академикăн селекци участокĕнче кăна курма пулать.

Çурçĕр персикĕ туса кăларма хăй вăхăтĕнче Мичурин ĕмĕтленнĕ. Кăнтăр хĕвелĕ айĕнче ачашланса ӳсекен персика çурçĕрелле куçарма аслă ученăй нумай вăй хунă. Унăн садĕнче виçĕ пине яхăн персик черенокĕсем ӳснĕ. Анчах вĕсем часах сивĕпе пĕтнĕ. Апла пулин те чăтăмлă экспериментатора пĕр лартнă тĕллеврен нимскер те пăрса яма пултарайман. Персикпа вăл юлашки кунсемччченех ĕçленĕ. Пирĕнтен уйрăлса каяс чухне вăл çав ĕçе хăйĕн сывăх ученикне Павел Яковлев ассистента хаваласа хăварнă. Малтанхи вăхăтсенче унăн та ăнăçсăр опытсем нумай пулнă. Яковлев хăй учителĕн примерне асра тытнă. Персик çурçĕрте ӳсме пултараймасть тенипе вăл ниепле те килĕшме пултарайман. Яковлева академик Лысенко хавхалантарнă:

—, Персикпа пурĕ-пĕрех ĕç тухмалла,—тенĕ вăл.—Хăвăннех пĕл—малалла ĕçле. Пире ытăн персик кирлĕ.

Нумай тăрăшнă хыççăн ĕç ăнăçса пыма пуçланă. Мичуринăн «Посредник» ятлă миндальне персикпа пĕтĕçтерсен интереслĕ гибрид пулса тăнă. Вăл сивве çăмăллăн тӳссе ирттерет, унăн çимĕççисем персик майлă пулаççĕ.

Çутçанталăка улăштарса çĕнетекен аслă Мичуринăн тепĕр ученикне те—Семен Федорович Черненкăна та пирĕн çĕршывра лайăх пĕлеççĕ. Вăл—талантлă селекционер, Мичурин садĕнче вăтăр çул ĕçлет. Черненко вунă çула яхăн хăйĕн учителĕпе пĕрле ĕçленĕ.

Нумаях пулмасть-ха Мускавра улма-çырла выставки пулнă. Семен Федорович кунта хăй ĕрчетсе кăларнă çĕнĕ сорт улмасем кăтартнă. Выставка стенчĕ умне хак пама ăста çынсем нумай пухăннă. Сĕтел çинче пĕр купа улма. Акă Семен Федорович кĕрен улма илет. Унтан питĕ ырă шăршă кĕрет. Ку вăл—«Розовый налив». Пухăннă çынсем вăл питех те тутлине палăртаççĕ. Çав сорт улмана ĕрчетсе кăларас енĕпе Черненко 16 çул ĕçленĕ. Ăна «Боровинка» сорта «Белый налив» сортпа пĕтĕçтерсе кăларнă. Пĕрремĕшĕ сивĕсенчен хăрамасть тата çимĕç нумай парать, иккĕмĕшĕ питех те тутлă улма шутланать. Çĕнĕ сортра çав пахалăхсем палăрса тăраççĕ те ĕнтĕ.

Черненко профессор вăтам тăрăхри районсем валли тĕрлĕ улма сорчĕсем вăтăр ытла ĕрчетсе кăларнă. «Розовый налив» августра, «Июльское» июльте, «Превосходное» сентябрьте пулса çитеççĕ. Черненкăн ытти сорчĕсем татнă хыççăн октябрьте, ноябрьте, декабрьте пулса çитсе лайăхланаççĕ. Селекционер «улма календарĕ» туса хунă. Çулталăкри кирек хăш уйăх валли те Черненкăн хăйĕн улми пур.

Мичуринскра виноград сачĕ те пур. Çурçĕрти виноград çинчен ĕлĕк халăх юмахĕнче кăна илтме пулнă. Халĕ çав ĕмĕт пурнăçа кĕнĕ ĕнтĕ. Мичуринскри пек лайăх виноград сачĕ кăнтăрта та сайра хутран çеç тĕл пулма пулать.

Сăрт айккипе юхан шыв хĕрри патнелле виноград тĕмĕсем вырнаçнă. Сад тавра йывăççем нумай ӳсеççĕ. Юман, хурама, хурăн виноград садне ӳссе çитĕнме лайăх пулăшаççĕ. Мичурин виноградĕ сивве 40 градус таран чăтма пултарать.

Виноградникре эпир Александр Яковлевич Кузьмина тĕл пултăмăр. Вăл ун чухне чечеке ларнă виноградсем хушшинче ĕçлетчĕ. Çав вăхăтра ученăй садран тухмасть. Вăл тăрăшса виноград чечекĕсене шăркалантарса çӳрет. Ученăй винограда çурçĕрелле куçарса пырас тĕлĕшпе тимлĕн ĕçлет. Мускав, Ленинград тавраşĕнче ӳссе çитĕнме пултаракан виноград сорчĕсем ĕрчетсе кăларнă ĕнтĕ, анчах вĕсем селекционера пĕтĕмпех килĕштерсе çитерейменşĕ-ха. Çутçанталăка улăштарса çĕнетекен аслă Мичурин хăйĕн ученикне çапла каласа хăварнă:

— Эпĕ ĕрчетсе кăларнă виноград сорчĕсенчен лайăхрах сортсем ĕрчетсе кăларар, вĕсем ик-виç эрне маларах пиçсе çитчĕр. Тăван çĕршыв валли çавăн пек виноград питĕ кирлĕ.

Александр Яковлевич Мичурин сăмахĕсене яланах асра тытать. Вăтам тăрăхра хăвăрт пиçсе çитĕнекен виноград сорчĕ ĕрчетсе кăларнăпа пĕрех ĕнтĕ. Халĕ ĕрчетсе кăларнă гибридсен çырлисем Мичурин виноградĕсенчен тутлăрах тата икĕ эрне маларах пиçсе çитĕнеççĕ.

Кунта, Мичуринăн чаплă садĕнче, ӳсентăрансен чи лайăх сорчĕсене туса хатĕрленĕ. Çĕр çинчи пĕр садра та ун пеккисене курма çук. Мичурин тата унăн ученикĕсем сад ĕçне çĕршер çĕнĕ сортсем кĕртнĕ. Мичурин вĕрентĕвĕ пирĕн çĕршывра пурнăçа анлăн кĕрсе пырать. Мичурин садĕнче çамрăк гибрид йывăççисем 200 пине яхăн çитĕнеççĕ. Çавсенчен, пĕтĕмĕшпе илсен, çĕнĕ сортсем ĕрчетсе кăлараççĕ.

Мичуринскра çутçанталăка улăштарса çĕнетекенĕн ученикĕсем — академиксем, профессорсем ĕçлеççĕ. Вĕсен творчествăлла ĕçне Мичуринăн чи лайăх ученикĕ Лысенко академик пуçарса пырать.

**Г. СИДОРОВ.**

# Тырпул пухса кĕртесси—вăхăтра тумалли ĕç, вăл кĕтсе тăма юратмасть. Вăхăтра пухса кĕртрĕн—тырăллă пултăн, пухса кĕртме кая юлтăн—çухатрăн

*

## Тырă тăкăнать, вырма васкамаççĕ

ЕТĔРНЕ. Жданов ячĕпе тăракан колхозăн 270 гектар ыраш вырмалла. Тырă вырма тухни эрне çитет. Августăн 1-мĕшĕ тĕлне пурĕ те 70 гектара яхăн çеç вырнă, итем çине пĕр кĕлте те турттарман. Çакнашкал хăвăртлăхсемпех ĕçлесен, ыраша татах икĕ эрне ытла вырас пулать. Юлса пынин сăлтавĕсем нумай. Колхоз тырă вырма 3—4 кун кая юлса тухнă, ыраш пур çĕрте те пулса çитессе кĕтсе пурăннă. Колхозра ĕç дисциплини япăх. Уйра ĕçleme пултаракан колхозниксенчен çурри кăна тырă вырнă çĕрте ĕçлет. Вĕсенчен те чылайăшĕ ĕçе кая юлса тухаççĕ, часах киле таврăнаççĕ. Тырă тăкăнма пуçлани, колхозра ĕç дисциплини япăххи колхоз председательне Г. Гаврилов юлташа нимĕн чухлĕ те пăшăрхантармасть.

МТС та колхоза тивĕçлĕ пулăшу памасть. Колхоз хирĕнче пиллĕкмĕш кун ĕнтĕ «Сталинец» комбайн ĕçлет. Анчах та вăл çур кун ĕçлет, тепĕр талăк ĕçлемесĕр ларать. Вăл пĕтĕмпе те 15 гектар кăна тырă вырнă.

Çавăн пек тĕслĕхсенех Мичурин ячĕпе тăракан колхозра та курма пулать. Колхозăн ыраш 206 гектар йышăнать, ăна çуррине те вырман. Колхозра ĕçлеме пултаракан чылай колхозниксем хăйсен ĕçĕпе аякра çÿреççĕ. Колхоз правленийĕ ĕç дисциплинине пăсакансене хирĕç нимĕнле мера та йышăнмасть. Уйра ĕçлекен колхозниксем хушшинчи ĕçе тĕрĕс организацилессишĕн те тăрăшмаççĕ. Çакна пулах ĕнтĕ кулленхи ĕç нормине тултарса пыракан колхозниксем те сахал.

Бригадирсем тырă выракансем патĕнче сахал пулаççĕ. Колхозниксен ĕçне бригадирсем, бригадирсенчен колхоз председателĕ йышăнассине йĕркелемен. Çакна пула ĕç пахалăхĕшĕн тăрăшни курăнмасть. Кашни тăваткал метртах 12—20 пучах таран ÿксе юлать. Колхозра вырнă тыррa вăхăтра капана хывма тăрăшмаççĕ. 3 гектар çинчен кăна кĕлтесене итем çине кĕртнĕ. Жнейкăпа çулса пăрахнă 10 гектар ыраша пухса тирпейлемен.

Çак колхозсенче район руководителĕсем пулмаççĕ мар. Парти райкомĕпе райсовет исполкомĕн представителĕсем те колхозран тухмаççĕ. Июлĕн 31-мĕшĕнче çак колхозсенче МТС-ăн главнăй агрономĕ Н. Щетинин, ун хыççăнах районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн начальникĕ П. Кочетов юлташсем вуншар минутлăха килсе кайрĕç. Вĕсем колхозсем тырпулсене пухса кĕртес ĕçре мĕншĕн юлса пынипе те тĕплĕн интересленмерĕç, нимĕнле пулăшу та парса хăвараймарĕç. Район руководителĕсем Мичурин ячĕпе тăракан колхоза комбайн ярса парасси çинчен тахçантанпах шантарса калаççĕ. Анчах комбайн халĕ те çук.

Тырă тăкăнать. Райсовет исполкомĕпе парти райкомĕн уйри тырпулсене пухса кĕртес ĕçе конкретлă ертсе пымалла, юлса пыракан колхозсене тивĕçлĕ пулăшу памалла.

Н. ЦВЕТКОВ.

## Государствăна—тырă

ЕТĔРНЕ. Заготзерно пунктне Советски районĕнчи нумай колхозсем çĕнĕ тырă параççĕ. Свердлов ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕ 130 центнер ыраш леçсе пачĕ, августăн 1-мĕшĕччен çирĕплетнĕ графика иртт ерсе тултарчĕ.

Максим Горький ячĕпе, Чапаев ячĕпе, Хрущев ячĕпе тăракан, «За коммунизм» тата ытти колхозсем те государствăна графикран иртт ерсе тырă пачĕç.

Н. ШАШУРИН.

### ЧĂВАШ АССР-ĕнчи КОЛХОЗСЕНЧЕ ТЫРПУЛ ПУХСА КĔРТЕС ĔÇ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

Июлĕн 31-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Тĕштырăсем вырнă | Комбайнсемпе вырса пухнă | Пуса татнă | Вăрлăхлăх хăварнă нумай çул ÿсекен куракcем çулса пухнă |
|---|---|---|---|---|
| Советски | 37 | 9 | 15 | 1 |
| Чурачăк | 34 | 2 | 22 | — |
| Хĕрлĕ Чутай | 33 | 19 | 20 | — |
| Красноармейски | 32 | 1 | 24 | 3 |
| Етĕрне | 32 | 11 | 4 | 5 |
| Муркаш | 31 | 10 | 32 | 3 |
| Елчĕк | 31 | — | 26 | — |
| Шăхасан | 28 | 3 | 8 | 1 |
| Калинино | 27 | 6 | 5 | — |
| Элĕк | 26 | 3 | 27 | — |
| Комсомольски | 25 | 2 | 4 | — |
| Çĕрпÿ | 25 | 4 | 6 | 20 |
| Вăрмар | 24 | 8 | 19 | 4 |
| Çĕмĕрле | 23 | 7 | 9 | 4 |
| Первомайски | 23 | 5 | 12 | — |
| Тăвай | 23 | 5 | 1 | — |
| Шупашкар | 22 | 9 | 10 | — |
| Чкаловски | 22 | — | 1 | — |
| Куславкка | 20 | 11 | — | — |
| Октябрьски | 19 | 2 | 8 | — |
| Пăрачкав | 18 | 7 | — | — |
| Шăмăршă | 18 | 4 | — | 4 |
| Ишлей | 18 | 8 | 2 | — |
| Вăрнар | 18 | 5 | 28 | 6 |
| Канаш | 17 | 5 | 3 | — |
| Сĕнтĕр | 16 | — | 12 | — |
| Кувакино | 14 | 7 | — | — |
| Сĕнтĕрвăрри | 13 | 9 | 1 | — |
| Йĕпреç | 13 | 13 | 29 | — |
| Улатăр | 8 | 3 | — | — |

### ГОСУДАРСТВĂНА ТЫРĂ ПАМАЛЛИ 1953 ÇУЛХИ ПЛАНА ТУЛТАРНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

Июлĕн 31-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| РАЙОНСЕМ | |
|---|---|
| Етĕрне | 10,4 |
| Шăхасан | 7,6 |
| Пăрачкав | 7,4 |
| Куславкка | 7,2 |
| Шупашкар | 5,5 |
| Кувакино | 5.3 |
| Советски | 4.6 |
| Тăвай | 4.5 |
| Çĕмĕрле | 4.4 |
| Муркаш | 4.1 |
| Ишлей | 3.9 |
| Çĕрпÿ | 3.9 |
| Красноармейски | 3.6 |
| Канаш | 3.1 |
| Вăрмар | 3,1 |
| Чурачăк | 2,9 |
| Октябрьски | 2.8 |
| Йĕпреç | 2.7 |
| Калинино | 2.6 |
| Улатăр | 2.5 |
| Сĕнтĕрвăрри | 1.9 |
| Комсомольски | 1.6 |
| Чкаловски | 1.4 |
| Элĕк | 1.3 |
| Хĕрлĕ Чутай | 1.3 |
| Вăрнар | 1.1 |
| Первомайски | 1.1 |
| Елчĕк | 1.1 |
| Сĕнтĕр | 0,9 |
| Шăмăршă | 0,5 |

* * *

Паян пичетленекен сводкăсенчен çакă курăнать: республикăри нумай районсенче тырпул пухса кĕртес тата государствăна тырă парас ĕç çителĕксĕр пулса пырать. Тырпул пухса кĕртес тĕлĕшпе Улатăр районĕнчи (райисполком председателĕ Русина юлташ, КПСС райком секретарĕ Поверенников юлташ), Йĕпреç (Васильков, Багров юлташсем), Кувакино (Леонов, Дубов юлташсем), Сĕнтĕр (Петров, Перлов юлташсем) районĕсенчи колхозсем уйрăмах кая юлса пыраççĕ, унта тĕштырăсемпе пăрса йышши культурăсене 8 процентран пуçласа 16 процент таран кăна вырса пухнă.

Тырпул пухса кĕртес ĕç çителĕксĕр пыни, чи малтанах, нумай районсенче комбайнсемпе, çавăн пекех тырпул пухса кĕртмелли ытти машинăсемпе япăх усă курнинчен килет. МТС руководителĕсем комбайнпа тырă вырас ĕçе организацилесси çине кирлĕ пек пăхман пирки, çавăн пекех механизаторсем хушшинче политикăлла-массăлла ĕçе çителĕксĕр туса пынине пула, комбайнерсемпе машинистсенчен ытларахăшĕ сменăри нормăсене тултарса пымаççĕ.

Чкаловски районĕнчи (МТС директорĕ Степанов юлташ, директорăн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ Минин юлташ) комбайнсемпе пурĕ те 217 гектар кăна, вăтам шутпа кашни комбайн пуçне 6 гектар çеç вырнă. Улатăр районĕнче (МТС директорĕ Малов юлташ, директорăн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ Митин юлташ), Шăмăршă (Иванов тата Космовский юлташсем), Комсомольски (Малышев тата Индюков юлташсем), Сĕнтĕр (Кушников тата Карабаев юлташсем) районĕсенче кашни комбайн пуçне питех те сахал тырă вырнă.

Анчах та Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви, КПСС райкомĕсемпе райисполкомсем тырпул пухса кĕртес ĕçре техникăпа çакăн пек çителĕксĕр усă курнипе килĕшсе лараççĕ.

Республикăри нумай колхозсенче кĕлтесене капана хывас тата авăн çапас ĕçсем тырă вырас ĕçрен нумай кая юлса пыраççĕ, тырра вăхăтра тасатса типĕтме кирлĕ мерăсем йышăнмаççĕ, çакă вара вăл государствăна тырă парас ĕçе чылай чарса тăрать.

Нумай районсенче государствăна тырă парас ĕçе çителĕксĕр организациленĕ. Колхозсенчен чылайăшĕ ку таранччен те хатĕрлев пункчĕсене тырă турттарма тытăнман. Июль уйăхĕнчи юлашки пилĕккунлăхра Етĕрне, Шăхасан, Пăрачкав тата Куславкка районĕсенчи колхозсем государствăна тырă памалли графика нумай иртт ерсе тултарнă. Анчах та чылай районсенчи колхозсем тата уйрăмах Вăрнар (КПСС райком секретарĕ Александров юлташ, райисполком председателĕ Иванов юлташ), Элĕк (КПСС райком секретарĕ Федоров юлташ, райисполком председателĕ Ярдухин юлташ), Хĕрлĕ Чутай (Филиппов тата Осипов юлташсем), Первомайски (Кураков тата Савинов юлташсем), Сĕнтĕр (Перлов тата Петров юлташсем), Елчĕк (Алексеев тата Степанов юлташсем) районĕсенчи колхозсем государствăна тырă парас тĕлĕшпе тÿсме çук вăраххăн ĕçлеççĕ.

Партипе совет тата ялхуçалăх органĕсен руководителĕсен тырпул пухса кĕртес тата государствăна тырă парас ĕçе вăйлатма пĕр тăхтаса тăмасăр тивĕçлĕ мерăсем йышăнас пулать. Халĕ çакăн пек задача тăрать: мĕнпур комбайнсемпе, жаткăсемпе тата лобогрейкăсемпе тырпул пухса кĕртнĕ çĕрте ĕçлемелле, вĕсемпе тухăçлă усă курмалла, пур çĕрте те çак ик-виçĕ кун хушшинче кĕрхи тырăсене вырса пĕтермелле тата пĕр тăхтаса тăмасăр çуртрисене пухса кĕртме тытăнмалла; кĕлтесене капана хывас тата авăн çапас ĕçсем тырă вырас ĕçрен юлса пынине пĕтермелле; талăкĕпех пĕр чарăнмасăр авăн çапассине йĕркелемелле.

Государствăна тырă парас ĕçе кашни колхоз куллен хутшăнтăр, пилĕккунлăх валли çирĕплетнĕ заданисене кашни колхоз тата район тултарса пытăр.

* * *

## Виçĕ республика ăмăртăвĕ

Колхозсемпе МТС-сем ялхуçалăх ĕçĕсен планне июлĕн 31-мĕшĕ тĕлне тултарнă:

(процентпа)

| | Мордва АССР-ĕ | Мари АССР-ĕ | Чăваш АССР-ĕ |
|---|---|---|---|
| Кĕрхи тырăсене тата çуртрисене пухса кĕртнĕ | 17,2 | 23,1 | 23,7 |
| Вăл шутран комбайнсемпе | 9,0 | 7,9 | 5,5 |
| Авăн çапнă | 45,8 | 18,9 | 11,3 |
| Пуса татнă | 1,3 | — | 13,5 |
| Вăрлăхлăх хăварнă нумай çул ÿсекен куракcем çулса пухнă | 3,8 | — | 2,5 |
| Силослăх культурăсене çулса пухнă | 24,3 | 4.5 | 46,5 |
| Силос хывнă | 48,8 | 35,2 | 34,1 |
| Тислĕк кăларнă (çулталăкри планран) | 57,9 | 69,7 | 80,1 |
| Тракторсемпе тумалли ĕçсен çулталăкри планне тултарнă | 50,6 | 51,5 | 49,6 |
| Государствăна тырă памалли 1953 çулхи плана тултарнă | 1-мĕш вырăн | 2-мĕш вырăн | 3-мĕш вырăн |

## Ĕçре туслăх кирлĕ

Виççĕмĕш хăвăртлăхпа пыракан самоходнăй комбайн штурвалĕ умĕнче А. Илларионов юлташ тăрать. Вăл Канаш районĕнчи Шверник ячĕпе тăракан колхоз уй-хирĕнчи ыраша вырать.

Бункера тырă тулма пуçласан комбайнер помощникĕ М. Андреева шофера чĕнчĕ. Шофер автомашинăна комбайнпа юнашар пыртарма пуçларĕ. Комбайна чарса тăратмасăрах бункерти ыраша автомашина кузовĕ çине юхтарса кăларчĕç.

Автомашина тыррa витнĕ итем айне кайса тăкрĕ. Кунта ăна çиллĕнчех сăвăрса тасатаççĕ, сушилкăра типĕтсе хатĕрлев пунктне ăсатаççĕ.

— Çирĕп туслăх кирлĕ. Унсăрăн комбайнпа тухăçлă ĕçлеме çук,—тет автомашинăна ăсатнă хыççăн комбайн çинчен анса хăйсен ĕçĕн пахалăхне тĕрĕслекен М. Андреева юлташ.

Малтанхи кун колхоз правленийĕ комбайн патĕнче ĕçлеме пĕр çын та уйăрман. Çавăнпа вĕсем ыраша иккĕшĕ кăна вырнă. А. Илларионов юлташ комбайна ĕçлеттернĕ. М. Андреева хысалта улăм купаласа пынă. Лав çук пирки бункерти ыраша çĕре тăкма тивнĕ. Бункерти тыррa автомашинăпа турттарса тăма тытăнсан тин вĕсем тухăçлă ĕçлеме пуçланă, халĕ кашни кун 18-шар гектар ыраш выраççĕ.

Тем тĕрлĕ тăрăшсан та выртнă ыраша пĕр тăккаламасăр вырма çук. Хăшпĕр пучахсем касăлса çĕре ÿксе юлаççĕ. Мĕншĕн-ха шкул ачисене пучах пуçтарма кăларма юрамасть? Акă тата комбайн пăрахса пыракан улăма илер. Вăл улăм икĕ хутчен çумăрпа йĕпенчĕ ĕнтĕ. Кĕçех кăвакарма пуçлать. Апла пулсан та ăна вăхăтра пуçтарса купалама тăрăшмаççĕ. Колхоз улăма вăхăтра купаламасăр вылькăх апатне сая янипе пĕрлех, тракторсемпе хăмăл сухалама, кĕрхи çĕртме тума та чăрмантарса тăрать.

«Красное пламя» колхоз хирĕнче выракан комбайнер Н. Павлов юлташ питех те йывăр условисенче ĕçлет. Вырăнĕ-вырăнĕпе унăн комбайнĕ хăйăр çине путса ларать. Апла пулсан та, колхозниксемпе çыхăнса ĕçлени ăна нормăна иртт ерсе тултарма пулăшать. Вăтамăн шутласан, вăл кашни сменăра вуншар гектара яхăн вырать. Комбайн лайăх ĕçлени колхозшăн та лайăх. Колхоз бункерти тыррa тÿрех хатĕрлев пунктне ярса тăрать. Июль уйăхĕнче тырă памалли графика икĕ хут ытла иртт ерсе тултарнă.

Канаш МТС-ĕ колхозсене 28 комбайн янă. Вĕсенчен çурри сменăри нормăна тултараймаççĕ. Мĕншĕн тесен колхозсем вĕсене пĕр чарăнмасăр ĕçлеме пулăшса пымаççĕ. Акă «Аниш» колхоза илер. Ку колхозри комбайн темиçе кун хушши ĕнтĕ кăнтăрла иртмесĕр те вырма тытăнаймасть. Колхоз хирĕнчи ыраш тăкăнма пуçланă. Апла пулсан та, артель председателĕ Баранов юлташ бункерти тыррa турттарма лав, улăма купаласа пыма çын уйăрса памасть, çапла вара комбайнпа вырма чăрмантарса тăрать. МТС чылай малтан кирлĕ таран бензин турттарса хунă. Çав бензина та колхоз комбайн патне турттарса памасть.

Крупская ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Тихонов юлташ ĕçе тухичченех «эпир алăпа та ĕлкĕрĕтпĕр» тесе комбайнпа ыраш выртарас мар шухăшпа пурăннă. Халĕ вăл туртакан трактор валли крассын турттарса памасăр комбайнпа вырма чăрмантарса тăрать.

Кунта эпир комбайнсем колхозсен айăпĕпе чарăнса тăнине кăтартрăмăр. Чылай комбайнсем МТС енчен тивĕçлĕ пулăшу паман пирки ĕçлеймесĕр лараççĕ. Кăçал МТС-а çĕнĕ комбайнсем чылай килчĕç. Анчах вĕсене вăхăтра пуçтарса колхозсене яман. Колхозсене янисене те темиçе кун хушши ĕçлеттермесĕр лартаççĕ. Сÿлте асăвнă Шверник ячĕпе тăракан колхоза вĕр-çĕнĕ «Сталинец-6» комбайн илсе килнĕ. Колхоз, комбайн вырасса шанса, участок уйăрса панă. Малтанхи кунсенчи йăнăшпа шута илсе, комбайн патĕнче ĕçлеме çиллĕнчех çын, туртăм вăйĕ уйăрса панă. Комбайна вара виçĕ кун хушши хута яраймасăр лартаççĕ.

Ĕçленĕ вăхăтра комбайн е вĕсене туртакан тракторсем пăсăласси пулма пултарать ĕнтĕ. Халĕ кашни сехет хаклă. Вĕсене çиллĕнчех юсаса хута ямалла. Апла пулсан та, МТС-ри юлташсем пăсăлнă комбайнсемпе тракторсене вăхăтра юсама тăрăшни сисĕнмест-ха. «Мотор» колхозри комбайн пăсăлнăранпа виçĕ кун иртрĕ пулсан та ăна хута яман-ха.

МТС-ри парторганизаци те, колхозсенчи коммунистсем те комбайн агрегачĕнче ĕçлекенсем хушшинче партилле-политикăлла ĕçе пачах туса пымаççĕ. Ку таранах ситсе пĕр агрегатра та политикăлла ыйтусем тăрăх калаçу иртт ермен, çĕнĕ хаçатсем те пырса памаççĕ. Комбайнерсен ăмăртăвне организацилемен. Районти колхозсенче лайăх ĕçлекен комбайнерсем сахал мар. Анчах та вĕсен çитĕнĕвĕсемпе ĕç меслечĕсем çинчен ыттисене пĕлтерсе тăмаççĕ.

П. ЩИПЦОВ.



Канаш деповĕнчи старши машинист К. Андреев Пĕтĕм Союзри чугун çул работникĕсен кунне пысăк çитĕнÿ тунипе кĕтсе илнĕ. Вăл планран иртт ерсе 3.500 тонна яхăн груз турттарнă.
ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: старши машинист К. Андреев юлташ.
А. КОСТИН фотоÿкерчĕкĕ.

## Промкомбинат ĕçĕ лайăхланать

УЛАТĂР. Хулари промкомбинат кăçалхи январь уйăхĕнчи производство планне 28 процент çеç тултарчĕ. Çакă коллектива хытă хумхантарчĕ. Рабочисемпе мастерсем шалти резервсене палăртрĕç, тухăçлăрах ĕçлеме сăмах пачĕç. Дирекци чĕртаварпа материалсем кÿрсе килес ĕçе йĕркелерĕ. Çавăн хыççăн цехсем аванрах ĕçлеме тытăнчĕç, комбинат плана тултарса пыракан пулчĕ. Пĕрремĕш çурçуллăхра вăл хăйĕн январь уйăхĕнчи парăмне татрĕ.

Комбинат йĕлтĕр тата хут купăс ытларах туса кăларать. Кăçал суту-илÿ организацийĕсене 15 пин мăшăр ытла йĕлтĕр, пиншер хут купăс туянтарнă.

Комбинатра техникăна алла илнĕ, ăста рабочисем сахал мар. Вĕсем ĕç нормине куллен иртт ерсе тултараççĕ, паха продукци çеç тăваççĕ, материалсем перекетлеççĕ. Йĕлтĕр тăвакан цехри Р. Летюшева юлташ пилĕк çулхи ĕç нормине тултарнă. 1956 çулччен вăл тепĕр пилĕк çулхи ĕç нормине тултарассишĕн кĕрешет. Ю. Уханова станочница март уйăхĕнчех 1956-мĕш çул шучĕпе ĕçлеме тытăнчĕ. Йĕлтĕр тăвакан цехра 16 стахановец пилĕк çулхи ĕç нормине тултарнă.

Местком, дирекци тата мастерсем малта пыракансен опычĕпе меслетне сарма, çамрăксене техникăна вĕрентме тăрăшаççĕ. Чылай çамрăксем кĕске вăхăтрах ĕçе хăнăхса çитеççĕ, стахановецсен ретне кĕме тивĕçлĕ пулаççĕ. Сăмахран, Л. Поповăна илер. Ăна комсомола кăçалхи март уйăхĕнче илнĕ. Ун чухне вăл ученица пулнă. Тăваттăмĕш уйăх çеç вăл хăй тĕллĕн ĕçлет. Апла пулин те ĕç нормине 150 процент таран тултарать, хăйĕн пултарулăхĕпе юлташĕсене тĕлĕнтерет.

Комбинатра чĕртаварпа материалсем перекетлессишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн вăйлă кĕрешÿ пырать. Хут купăс тăвакан цехра кăçал 1.000 дециметр лайка, çавăн чухлех дермантин, чылай пир-авăр перекетленĕ. Перекетленĕ материалтан 50 хут купăс ытла туса кăларнă.

А. ЕВСЕЕВ.

## Суту-илÿ ĕçне вăйлатмалла

СОВЕТСКИ. Райпотребсоюз уполномоченнăйĕсен конференцийĕ пулса иртрĕ. Унта райпотребсоюз правленийĕн çур çулти ĕçне сÿтсе яврĕç.

Райпотребсоюз тавар çаврăнăш планне 105,8 процент тултарнă. Апла пулин те суту-илÿ организацийĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Вĕсем куллен кирлĕ таварсем çителĕксĕр кÿрсе килеççĕ.

Çак çитменлĕх райпотребсоюз аппарачĕ оперативлă ертсе пыманнинчен, суту-илÿ работникĕсем хушшинче социализмла ăмăртăва йĕркелеменнинчен килнĕ. Лавккасенче ĕçлекенсем хушшинче дисциплина япăх. Чылай продавецсем лавккасене вăхăтра уçмаççĕ, час-часах хупă тăратаççĕ. Турайри Тарасов продавецпа Ильин буфетчик эрнере тăватă кун çеç ĕçлеççĕ. Советскинчи чайнăйра та йĕркелĕх çук, апат-çимĕçсене начар хатĕрлеççĕ.

Ĕççыннисен ыйтăвĕсене туллин тивĕçтересси пысăк тивĕç пулнипе хăшпĕр суту-илÿ работникĕсем ăнланса илмен. Кадрсене тĕрĕс суйласа илмен тата вĕсен ĕçне куллен тĕрĕслесе тăман пирки кооперации пурлăхне çаратнă тата саланса пĕтернĕ тĕслĕхсем пулаççĕ.

Конференци райсоюз председателĕ пулма Г. Михайлов юлташа суйларĕ, суту-илÿ ĕçне лайăхлатма, куллен кирлĕ таварсем ытларах кÿрсе килме çĕнĕ состава наказсем парса хăварчĕ.

В. МИХАЙЛОВ.

### ТИМĔР-ТĂМĂР ПУХАÇÇĔ

КАНАШ. Комсомолецсем, союзра тăман çамрăксем, пионерсем ĕçе юрăхсăр тимĕр-тăмăра пуçтарса склада параççĕ. Вĕсем вăхăт хушшинче вĕсем Главвторчермет агентне тата райпотребсоюза вуншар тонна чугун, хурçă, çĕршер килограмм тĕслĕ металл хатĕрлесе панă.

И. ЖУРАВЛЕВ.

* * *

СĔНТĔРВĂРРИ. «Коммунизм» колхозра нумай пулмасть тимĕр-тăмăр пухмалли воскресник иртт ерчĕç. Колхозниксем пĕр кун хушшинчех тăватă тонна тимĕр-тăмăр пухрĕç. «Авангард» колхозра тимĕр-тăмăр пухас ĕçе лайăх йĕркеленĕ.

В. АРХИПОВ.

# Отпуск илсен

Мичурин ячĕпе тăракан колхоз икĕ ялти — Кĕтеснер ялĕпе Çĕн Шулхан ялĕнчи хресченсене пĕрлештерсе тăрать. Кĕтеснер ялĕн хĕвеланăç енче ем-ешĕл вăрман кашлать. Çак вăрман Канаш патне çитиччченех тăсăлать. Унăн пуянлăхĕ çав тери пысăк. Кунта тем хулăнăш юмансем лараççĕ. Вĕсене темле вăйлă çил те аваймасть. Çаксем ĕнтĕ вĕсем—чăпа тухнă чăваш юманĕсем. Вăрманта вĕрене, хурама, йĕлме, ăвăс, пилеш, çÿçе, шĕшкĕ... Вăрман уçланкисенче, çамрăк хунавлăхра çырла нумай. Пĕр-ик сехет çÿресенех пĕр витре татма пулать. Июль уйăхĕ пĕтсе пырать пулин те шăпчăк çав-çавах пĕр-ик çаврăм юрласа илет, ытти вак кайăксем вара каçса кайсах чĕвелтетеççĕ.

Кĕтеснер ялĕн хĕвелтухăç енче тем пысăкăш сад пахчи саралса выртать. Улмуççисем çÿллех мар-ха, вĕсене лартни 6—7 çул кăна, апла пулин те улмисем йышлăн ÿсеççĕ, хăшпĕр туратсене тĕкĕлесе хума та тивет. Улмуççисен хушшине тĕрлĕрен çырласем лартнă. Уйрăммăнах виктори çырли ăнса пулнă. Ăна tатса ĕлкĕрме те çук, кашни ирхинех пĕрер лав ытла татаççĕ пулин те, ăна çинчи çырла сахалланни сисĕнмест. Çав-çавах хĕп-хĕрлĕ. Çак пахчана Мичурин колхоз членĕсем лартса ÿстернĕ.

Ял хĕрринче пысăк пĕве пур. Ку тавра халиччен хăмăш, шыв вирĕ, лили ниçсан та ÿсмен. Халĕ пĕве таврашĕнче вĕсем те пур. Çак пĕвене те колхозниксем хăйсемех пĕвеленĕ.

Ял çумĕнче чылай пысăк сăрт çĕкленсе тăрать. Уй тăррине улăхсан, колхозсен уй-хирĕсем инçетренех курăнаççĕ. Тинĕс пек хумханаççĕ ыраш, тулă, сĕлĕ хирĕсем! Хум хыççăн хум иртет! Хăвна ху вара: ăçта-ши эпĕ, тинĕсре-ши, çĕр çинче-ши? тетĕн.

Колхозăн пурĕ 4 утар. Вĕсене вăрмана, ĕшнене лартнă. Хуртсем, ăшă та уяр çанталăкпа хавасланса, кунĕпех ырмикалми ĕçлеççĕ.

Ытла та хитре-çке пирĕн таврари çĕршыв, тĕлĕнмелле хитре!

Çапла вăл Кĕтеснер ялĕ. Ку яла пырса кĕрсен, тухас та килмест. Çурчĕсем çÿлĕ те илемлĕ, халĕ кăна туса лартнă, вĕр-çĕнĕ çуртсем йĕркипех. Вĕсене ĕлĕкхи пек пĕр-ик чÿречеллĕ кăна тумаççĕ, пилĕк-ултă чÿрече касаççĕ, карнизсем тăваççĕ, урама крыльца кăлараççĕ. Верандăсем, террасăсем те пур. Пÿрт умне кашниех пĕчĕк пахча тăвать. Унта тĕрлĕрен чечексем ÿсеççĕ, ун пек хитре чечексене Кĕтеснер çыннисем ĕмĕрне те курман.

Ял варринче—пысăк клуб. Унта темиçе пин кĕнеке, пысăк зал, читальня. Кунта художествăлла пултарулăх кружокĕсем ĕçлеççĕ. Час-часах кино пулать.

Колхозниксем пуян та тулăх пурăнаççĕ. Пĕр пример илсе кăтартăпăр. Июль уйăхĕнче Семен Михайлов, Дария Никифорова, Семен Петров, Александр Ларионов, Демид Захаров, Георгий Николаев, Василий Калюков тата ытти колхозниксем те çурт тăваççĕ. Паллах, çакăн пек вăйлă строительство колхозниксен пурнăçĕ лайăхланса пынине кăтартать.

Мичурин ячĕпе тăракан колхоза çуллахи вăхăтра инçетри çĕршывсенчен те çынсем нумай килеççĕ. Отпуск вăхăтĕнче кунта, пĕр-пĕр канмалли вырăнти пекех, канма пулать.

Егорова Агафия колхозница патне кăçал хăнасем уйрăммăнах нумай килчĕç. Малтан—Шура ятлă хĕрĕпе упăшки çитрĕç. Вĕсем Электросталь хулинче (Мускав облаçĕ) ĕçлеççĕ. Шура Хусанти В. И. Ульянов (Ленин) ячĕпе тăракан университетран вĕренсе тухнă, халĕ Электросталь хулинчи заводра старши инженер пулса ĕçлет. Упăшки, Арсентий Семенович, машиностроительнăй заводри мастер.

— Тепĕр уйăхран виççĕн пулатпăр ĕнтĕ,—тет Арсентий Семенович хăйĕн арăмĕ çине пăхса.—Те ывăл, те хĕр пулать.

Вăл çав тери хаваслă.

Егорова Агафия патне часах тепĕр хĕрĕ—Евдокия икĕ ачипе тата упăшкипе çитрĕ. Евдокия та Хусанти университетран вĕренсе тухнă. Халĕ Чкалов облаçĕнче учитель пулса ĕçлет. Унăн упăшки, Иван Степанович, Отечественнăй вăрçăра паттăррăн çапăçнă, 3 орден, 4 медаль илнĕ. Халĕ вăл инвалид, апла пулин те ĕçе пăрахмасть.

Нумаях пулмасть тата Егорова Агафия патне ывăлĕ—Вячеслав килсе çитрĕ. Вăл Хусанти юридически шкултан вĕренсе тухнă.

— Акă, анне, эпĕ те диплом илтĕм,—терĕ вăл.

Вăл пур предметсемпе те отлично тата лайăх паллăсем кăна илнĕ. Диплома Вячеславăн амăшĕ те, аппăшĕсем те, йысназшĕсем те савăнса пăхрĕç.

Халĕ Вячеслава Тюмень хулине ямалла тунă. Отпуск вăхăтĕнче вăл та, хăйĕн аппăшĕсемпе йысназшĕсем пекех, курорта кайма килĕшмен.

— Пирĕн колхозра та курорт пекех,—тет Вячеслав.

Мичурин ячĕпе тăракан колхоза Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи рабочи Тимофей Иванов та отпуска килчĕ. Унăн арăмĕ те çав заводрах токарь пулса ĕçлет. Вăл та ялта канма шутланă. Вĕсене Клавдия Алексеевна колхозница—Тимофей амăшĕ ăшшăн кĕтсе илчĕ.

— Пирĕн патăмăрта отпуск иртиччченех пурăнма пултаратăр. Пурнăç аван пирĕн. Колхозра тăрăшса ĕçлетпĕр, лайăх пурăнатпăр,— терĕ.

— Пирĕн хамăрăн та продуктсем çителĕклĕ. Нормăна иртт ерсе тултаратпăр, ĕç укçи хам кăна 1.100—1.200 илетĕп, арăм та 800—1.000 тенкĕ илет,— терĕ ăна ывăлĕ.

— Яланах туслă, лайăх пурăнар,—терĕ те Клавдия Алексеевна, ывăлне хăйсен колхозĕпе паллаштарма илсе кайрĕ. Уй-хире, фермăна кăтартрĕ. Ывăлĕ ăна Шупашкар хули ÿссе, сарăлса пыни çинчен каласа пачĕ.

Яла канма килнĕ рабочисем, инженерсем, техниксем тата çар çыннисем колхозниксемпе час-часах тĕлпулусем туса ирттереççĕ. Каçхине, колхозниксем хиртен таврăнсан, кашни урамрах хапха умне, каскасем çине, клуба, волейбол площадкине, колхоз правленине, автогараж умне çынсем нумай пухăнаççĕ. Ун чухне вара туслă, кăмăллă калаçу пуçланать.

Акă, çамрăксем хушшинче Георгий Васильев тăрать. Отпуск пуçланнă ятпа вăл паян «Хастарлăхшăн» ятлă виçĕ медальне те çакса тухнă. Çак медальсене Аслă Отечественнăй вăрçăра илнĕ. Ун чухне вăл разведчик пулнă. Халĕ Вăрмар райсобес бухгалтерĕ пулса ĕçлет. Кăçал вăл каçхи вăтам шкултан вĕренсе тухнă. Колхозри çамрăксем унтан çавăн çинчен ыйтса пĕлеççĕ-мĕн.

— Мĕнле, эпир вĕренсе тухма пултарайрăпăр-ши?

— Тÿррипех калатăп: пултаратăр. Мĕн пурĕ те—çине тăни, тăрăшни кăна кирлĕ,— тет Васильев.

Виçĕ çамрăк вара çитес вĕренÿ çулĕнче саккăрмĕш класа кĕме сăмах пачĕç.

Тепĕр урамра Юрий Платонов курăнчĕ. Вăл Шупашкарти электроаппаратура заводĕнче экскаваторщик пулса ĕçлет. Ĕçленĕ хушăрах авиамотористсен курсне вĕренсе пĕтернĕ. Халĕ планерпа вĕçет. Çамрăксене вăл планер спорчĕ çинчен каласа парать. Колхоз çамрăкĕсем çак спортпа питĕ интересленеççĕ, хăйсен ДОСААФ организацине вăйлатма сăмах параççĕ.

Ватăрах колхозниксем хăйсене уйрăм лараççĕ. Вĕсен сăмах-юмахĕ пуринчен ытла ĕç çинчен, тырпул çинчен, вылькăх-чĕрлĕх çинчен, тĕнчери лару-тăру çинчен пырать.

— Корейăра мир пулнă...

— Китай тĕрекленсех пырать.

— Вьетнамра мĕнле-ши халь?

— Индонезире?

Çак сăмахсене кашни кĕтесрех илтме пулать. Ял халăхĕ халĕ хăйĕн тăван килĕпе кăна мар, тăван колхозĕпе, Тăван çĕршывĕпе, пĕтĕм тĕнчепе интересленет. Америка империалисчĕсем вăрçă чĕртме хатĕрленни вĕсене чĕререн тарăхтарать, çилентерет.

Колхозри хастарлă платник Николай Данилов çапла каларĕ:

— Мĕскер унта вĕсем, Уолл-стритри мăнхырăмсем, вăрçă чĕртесшĕн! Пирĕнтен ыйтас пулать. Эпир—халăх,— терĕ.

...Ялти каç ытла та хитре, тÿлек каç... Тÿпере миллион çăлтăр. Çак каçхине çамрăксем алă çупни инçене, инçене илтĕнет. Вăйă карти варринче хĕрсем акăш пек шăваççĕ, каччисем вĕсен умĕнче ура хуçса ташлаççĕ.

Çаксене пурне те курса, илтсе çÿретĕн те вара хамăн та (чылай çула çитнĕ пулин те) пĕтĕм чун-чĕререн юрлас килет, каччăсем пекех тăпăртатса ташлас килет. Ял çĕнелнине, хитреленсе пуянланса пынине, çыннисем те тĕпренех улшăннине питĕ лайăх туятăн, питĕ лайăх куратăн. Çавăнпа отпуск вăхăтĕнче кунта çав тери аван канатăн; пĕтĕм чун канать, шухăш çивĕчленет, вăй хутшăнать. Çавăнпа килеççĕ те ĕнтĕ кунта канма.

Василий АЛЕНДЕЙ.

Вăрмар районĕ.

# Тĕнчери лару-тăру

## МИР ВĂЙĔСЕН АСЛĂ ÇĔНТЕРĔВĔ

Корея ыйтăвне мирлĕ майпа йĕркелес тĕлĕшпе çĕнĕ пысăк утăм турĕ. Июлĕн 27-мĕшĕнче Корейăри перемири пирки килĕшӳ çине алă пусрĕ, çав килĕшӳ вăя кĕчĕ. Корея çĕрĕ çинче виçĕ çул хушши ытла юн тăкăнчĕ пулсан, çав вăрçă чарăнчĕ. Мир вăйĕсем агрессорсен ирсĕр ĕмĕчĕсене пурнăçлассине чарса лартрĕç, вăрçа сарăлма памарĕç, перемири çинчен калаçусем пуçлама хистерĕç, нумай чăрмавсене пĕтерсе, чăнлăхпе те аслă çĕнтерӳ турĕç, вăрçă вăйĕсене çĕнтерчĕç.

Корейăн паттăр халăхĕ тата Китай халăхĕн хастарлă добровольцĕсем çавăн пек çĕнтерӳ туни çинчен пĕлсен, ырă шухăшлă миллионшар çынсем чунтан-чĕререн савăнчĕç. Францири «Либерасьон» ятлă паллă хаçат çапла çырать:

«Юлашкинчен ĕç пулчĕ! Китаецсемпе корейцсен мир тăвас шухăш-кăмăлне нимĕнле провокацисемпе те хавшатма пултараймарĕç. Ыйтăва (Корейăри хирĕçĕве — Н. З.) калаçусем иртернипе тата мирлĕ майпа татса парассишĕн мĕнпур çĕршывсенче сарăлнă кĕрешӳ çав хирĕçĕве пур майсемпе те тăсас шутпа икĕ çул хушши тĕрлĕ маневрсем туса хăтланнисене çĕнтерчĕ. Тĕнчери общественность сасси тупăсен сассине чарса лартрĕ. Çак аслă çитĕнĕве эпир питех те хытă хавасланса палăртатпăр».

Корейăри перемири пирки ют çĕршывсенчи демократиллĕ шухăшлă хаçатсем çырнисенчен тата урăх çĕршывсенчи политикăлла паллă деятельсенчен чылайăшĕ каланисенчен çакăн пек пĕр вывод тухса тăрать: Корейăра перемири туни вăл — мирпе демократи лагерĕ иккĕмĕш тĕнче вăрçи хыççăн тунă чи пысăк çĕнтерӳ.

Фактсене шута илмесĕр тăма çук, вĕсенчен нихăçан та пăрăнаймăн. Фактсем вара çапла: океан леш енчи агрессиллĕ шухăшлă ушкăнсем поражени тӳсрĕç. Ют çĕршывсенчи хаçатсем çырнă тăрăх, вăрçă пуçланнăранпа виçĕ çул çитнĕ тĕле Америкăн чи лайăх дивизийĕсен хăйсен «малтанхи позицийĕсенчех нумай вăхăт хушши тăма тиврĕ, вĕсем çав позицисенчен наступлени тума тытăнсан, темиçе кун хушшинче Халăх çарне аркатса тăкма шутланă пулнă». «Америка хăвачĕ 38-мĕш параллельти траншейăсенче хавшарĕ», тесе çырать Италири «Унита» хаçат. Интервентсем пĕр миллион çын сухатнă тата Корейăра вăрçма 20 миллиард доллар расходланă. Çак урокăн пĕлтерĕшне хак пама та йывăр!

Корейăри перемири çинчен пынă калаçусем ăнăçлă вĕçленни çакна уççăн кăтатса парать: тавлашуллă кирек мĕнле ыйтăва та «вăйпа ирĕксĕрлес политика» тытса пынипе мар, калаçусем иртернипе татса пама пулать. Корейăра перемири туни ытти ыйтусене, тĕнчери çĕршывсем хушшинчи халиччен татса парайман ыйтусене, йĕркелессине çăмăллатасса çак кунсенче пĕтĕм тĕнчери халăхсем шанса тăраççĕ. Парижри «Паризьен Либере» хаçат çапла çырать: «Корейăра пуçланнă шанчăк нумай вăхăтранпа ĕнтĕ Индо-Китай пирки шикленессипе çыхăнса тăрать. Корея ыйтăвĕпе пухăнакан мирлĕ конференцире Корейăран çывăх вырăнта мĕн пулса пыни çинчен те манма юрамасть».

Индири общество паллă деятель Китчлу доктор: «Калаçусем иртterни Корейăра юн тăкăнассине чарса лартрĕ. Çакăнтан калаçусем иртterни «сивĕ вăрçа» та чарса лартма пултарасси уççăнах курăнмасть-и вара», тенĕ.

Паньмыньчжоньри калаçусен вăраха пынă тата питĕ кăткăс историйĕ çинчен каласа, тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи демократиллĕ общественность вăрçă чĕртекенсем халĕ те маневрсем тума пăрахманнине асăрхаттарать, малтанхи пысăк çитĕнĕве тунă халăхсен питех те сыхăлăхлă пулмаллине, перемири тунă хыççăн çирĕп мир тăвассишĕн тăрăшма кирлине кăтартса парать. Ку енĕпе Англи консерваторĕсен «Дейли миррор» хаçачĕ калаçа пани уйрăмах интереслĕ, вăл çапла çырать: «Мире хирĕç пыракан усал çынсем перемири çинчен пыракан калаçусене чарса лартма хăтланнăччĕ. Çавăн пек усал çынсенчен пĕри — Ли Сын Ман. Вăл халĕ те хăрушă-ха».

Демократиллĕ общественность ахальтен мар ĕнтĕ сыхланма кирлине асăрхаттарать. Фактсенчен агрессорсем халĕ те хăйсен каварлă ĕçĕсене туса пыни курăнать. Вăрçă чарăннă пирки ытти халăхсемпе пĕрле Америка халăхĕ те савăнать. Çав вăхăтрах США-ри реакциллĕ ушкăнсем, монополиллĕ шултра капиталпа тачă çыхăннăскерсем, Корейăра перемири пирки килĕшӳ туса алă пуснăшăн хăйсем кăмăлсăр пулнине пытармаççĕ. Нумай пулмасть США государство секретарĕ Даллес: «вăй хумалли тата йывăрлăхсем тӳсмелли вăхăт иртмен-ха», тенĕ. Вăл США хăйĕн Корейăри хĕçпăшаллă вăйĕсен шутне чакарма шутламанни çинчен асăрхаттарса каланă. Америкăри промышленниксен «Уолл-стрит джорнэл» хаçачĕ хĕçпăшал тăвакан фабрикантсене: «Корейăра тупăсен сассисем чăрăнни» çине çаврăнса та ан пăхăр, тесе чĕнет. Çавăнпа пĕрлех хаçат «Оборона валли уйăрнă укçана (урăхла каласан, васкаса хĕçпăшалланма уйăрнă укçана — Н. З.) малашне те хăвăрт расходласа пырĕç...» тесе çырать.

США-ри Коммунистсен партийĕн Наци Комитечĕн заявленийĕнче çапла каланă: «...Корейăри вăрçă Уолл-стритшăн Америка халăхне милитаризацилемелли, хĕçпăшал тума миллиардшар доллар укçа пухмалли, нумай çĕршывсене хăйĕн паекĕ çине лартса, çав çĕршывсене хăйне пăхăнтармалли чи лайăх май пулнă. Акă мĕншĕн ĕнтĕ правительствăпа унăн Уолл-стритри хуçисем вăрçă чарăннă пирки хавасланас вырăнне пуçĕсене усрĕç».

Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, «Корейăри перемири США-ри пуян хуçасем хушшинче шиклĕх туса хунă». Агентство пĕлтернинче малалла каланă тăрăх, унта ĕç çапла тăрать: çар хатĕрĕсем тума паракан заказсене нумай пулмасть чакарнă, çавăнпа та промышленниксем çав заказсене татăх та чакарасран, заводсене хупмалла пуласран хăраççĕ». «Нью-Йорк геральд трибюн» ятлă буржуалла пысăк хаçат, Корейăра çирĕп мир тума май килмест тесе ĕнентерме тăрăшса, Паньмыньчжоньре перемири пирки килĕшӳ туса алă пуснине «ĕç трагедиллĕ вĕçленни» тесе хакланă.

Çак тĕслĕхсем пурте океан леш енчи монополисемпе трестсен хуçисем миртен хăрани çинчен калаççĕ. Вилĕмпе сутуилӳ тăвакансемпе спекулянтсем Корейăри вăрçа пула миллиардшар доллар услам илсе пуйнă. Вĕсен ушкăнĕ халĕ çар заказĕсен кĕнекисем çине шикленсе пăхать.

Шăпах та çавна пула, Корейăри перемири çинчен пыракан калаçусем икĕ çул хушши ытла тăсăлчĕç. Шăпах та çавна пула, Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи вăрçă чĕртекенсем тата вĕсен Ли Сын Ман йышши пуканисем хальхи вăхăтра калаçусене иртерме чăрмантарасшăн. Нью-Йоркри «Дейли миррор» хаçат çапла çырать: «Вăрçă хирĕсенче халĕ ĕнтĕ лăпланчĕç, шăплăх пулса тăчĕ. Анчах çакă вăл тĕнчере текех вăрçă хăрушлăхĕ çуккине пĕлтермест-ха».

Мир тăшманĕсем кирек мĕнле ирсĕр ĕçсем тата провокацисем туса хăтлансан та, вĕсем чееленсе хăтланнисем пурте путланса ларĕç. Мĕнпур çĕршывсенчи ирĕклĕхе юратакан халăхсем Корейăри перемирие хытă хӳтĕлеççĕ тата хăйсен сыхăлăхне ӳстереççĕ.

### ÇАМРĂКСЕН ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ КОНГРЕСĔ

Июлĕн 30-мĕшĕнче Бухарестра Çамрăксен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ хăйĕн ĕçне вĕçленĕ. Ку конгреса Демократиллĕ çамрăксен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ пухнă. Федераци 88 çĕршыври 75 миллион çамрăка пĕрлештерсе тăрать. Конгресс ултă кун хушши пынă. Конгресс ĕçне 106 государствăран пухăннă пин çурă çамрăк хутшăннă. Çамрăксен пысăк ассамблейи «Мирпе туслăх!» тесе чĕнекен лозунгпа иртнĕ, çамрăк ăрăвăн пурнăçĕнчи тĕп интерессемпе çыхăннă чи сивĕч ыйтусене сӳтсе явнă. Çак ыйтусем вĕсем — мирпе нацисен никама пăхăнманлăхĕшĕн, çамрăксен прависемшĕн, культурăллă çыхăнусене аталантарассишĕн кĕрешесси, çамрăк ăрăвăн ырă пуласлăхĕшĕн пĕрлешсе кĕрешесси.

Демократиллĕ çамрăксен Пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн генеральнăй секретарĕ Жак Дени тунă докладран тата конгресс делегачĕсем тухса каланисенчен капитал пуç пулса тăракан çĕршывсенче, колонисемпе пăхăнса тăракан çĕршывсенче вуншар миллион çамрăксем питех те йывăр асап курса пурăнни палăрнă.

Империалистсем васкасах хĕçпăшалланас, тĕнчери çĕнĕ вăрçа хатĕрлес политика тытса пыни миллионшар çамрăк арçынсемпе хĕрсене ĕçсĕр тăратса хăварнă, вĕсем выçлăха тата çуклăха тăрса юлнă. Пĕр Японире кăна ĕçсĕр тăрса юлнисем 10 миллион çын, вĕсенчен çурри — çамрăксем. Италире ĕçсĕр тăрса юлнă çамрăксем 600 пин çын ытла, вĕсен пурнăçĕ питех те йывăр. Хĕвеланăç Германире çамрăк нимĕçсенчен 800 пин çын ĕç тупаймасть. США-ра 21 çула çитмен çамрăксен 74 проценчĕн нимĕнле квалификаци те çук. Империализм çамрăксене вĕренме май памасть. Сăмахран, Алжирта хут пĕлменнисем 85 процент шутланаççĕ.

Империалистсем çамрăксене эксплуатацилемелли этемсем, вăрçăра вилсе пĕтмелли çынсем вырăнне çеç хураççĕ. Империалистсем хăйсем пуçарма шутлакан вăрă-хурахла вăрçăсенче çамрăксемпе усă курма хатĕрленеççĕ.

Тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи вуншар миллион çамрăксем вăрçă чĕртекенсен вăрă-хурахла усал ĕмĕчĕсене хирĕç, выçлăхпа çуклăх политикине хирĕç хытăрах та хытăрах кĕрешеççĕ. Ырă шухăшлă мĕнпур çынсемпе пĕрле демократиллĕ çамрăксем миршĕн, империализмла реакцин хура вăйĕсене хирĕç активлă кĕрешеççĕ. Çамрăксен миршĕн кĕрешес шухăшĕ çирĕп, çамрăксем агрессиллĕ вăйсен этемлĕхе хирĕçле планĕсене пурнăçлама чарас шутпа пĕтĕм вăя хурса кĕрешме хатĕр. Çамрăксен çак шухăшĕ конгресс решенийĕсенче уççăн палăрчĕ. Конгресс, пĕр шухăшлă пулса, çамрăк ăрăвăн пĕрлĕхĕшĕн, хальхи вăрçăсене пурне те чарса лартассишĕн, Германипе Япони ыйтăвĕсене мирлĕ майпа йĕркелессишĕн, васкасах хĕçпăшалланассине чарса лартассишĕн, ют çĕршывсен оккупацине хирĕç, пĕр çĕршывсем тепĕр çĕршывсене пăхăнтарнине хирĕç, кашни халăхăн самоопределени прави пулмалла тăвассишĕн, çĕршывсем экономика енĕпе пĕр-пĕринпе çыхăнса тăрассине тата культурăллă ĕçсен опычĕпе пĕр-пĕрне паллаштарассине вăйлатассишĕн тăни çинчен пĕлтерчĕ.

«Телей правине, савăнăç правине хӳтĕлеме пĕрлешер, усал тăвакан вăйсен çулне пӳлсе лартма пĕрлешер! — тенĕ Çамрăксен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ тĕнчери çамрăксене чĕнсе каланинче. — Эпир сире Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ çĕршывсем хушшинчи тавлашуллă ыйтусене мирлĕ майпа йĕркелессишĕн, хальхи вăрçăсене пурне те чарса лартассишĕн, урăх çĕршывсене пăхăнса тăракан халăхсене хирĕç тăвакан агрессиллĕ ĕçсене пурне те чарса лартассишĕн кĕрешме пĕтĕм тĕнчипе пуçарнă кампание хăвăра тивĕçлĕ мĕнпур хастарлăхпа хутшăнма чĕнетпĕр».

Çамрăксен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ демократиллĕ çамрăксен хăватлă вăйне кăтартса пачĕ, çамрăксем мир ĕçĕшĕн, хăйсен çĕршывĕсен наци никама пăхăнманлăхĕшĕн, империализмла агрессие хирĕç кĕрешме хатĕр тăнине тепĕр хут кăтартса пачĕ.

**Н. ЗАХАРОВ.**

# Китай Халăх республикин Ют çĕршыв ĕçĕсен Министерствин протесчĕ

ПЕКИН, августăн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви çапла пĕлтерет:

Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительствин Ют çĕршыв ĕçĕсен Министерстви паян заявлени пичетлесе кăларнă. Заявленире Америкăн çар самолечĕсем Китай çине вĕçсе кĕнине тата Китай территорийĕ çинче Совет Союзĕн пассажирсем лартса çӳрекен самолетне тапăннине — преступлениллĕ ĕç тунине хирĕç протестленĕ. Заявленире çапла каланă:

Китай правительстви илнĕ тата тĕрĕсленĕ сведенисем тăрăх, 1953 çулхи июлĕн 27-мĕшĕнче Америка çарĕн 324 самолечĕ, 53 ушкăнпа, Çурçĕр-Хĕвелтухăç Китай çине пырса кĕнĕ, унта халăха шиклентерес шутпа вĕçсе çӳренĕ. Ку шутран Америкăн 78 çар самолечĕ, 15 ушкăнпа, разведка тăвас тĕллевпе Ляодун провинцийĕнчи Бэньси, Гайпин, Аньшань, Хайчэн, Тунхуа тата Люхэ хулисем çинче, Гирин провинцийĕнчи Хуандян, Чанчунь тата Гунчжулин хулисем çинче, çавăн пекех тата Ляоси провинцийĕнче Мукденран кăнтăртарахри вырăнта вĕçсе çӳренĕ.

Америкăн Китай çине вĕçсе кĕнĕ çар самолечĕсенчен «Ф-86» йышши тăватă самолет Китай территорине Линьцзян районĕ урлă июлĕн 27-мĕшĕнче 11 сехет те 12 минутра вĕçсе кĕнĕ, разведка тăвас тата халăха шиклентерес тĕллевпе 11 сехет те 19 минутра Хуадян районĕ çинчен вĕçсе иртнĕ, кайран 11 сехет те 28 минутра кăнтăр еннелле вĕçсе кайнă. Америка çар самолечĕсен çак ушкăнĕ туслă кӳршĕн — Совет Союзĕн пассажирсем лартса çӳрекен «ИЛ-12» самолечĕ çине тапăннă, ăна персе ӳкернĕ. Пассажирсем лартса çӳрекен самолет хăйĕн яланхи çулĕпе, Порт-Артур — Дальний районĕнчен Совет Союзне каймалли çулпа вĕçсе пынă пулнă. Самолет çинчи пассажирсем тата экипаж членĕсем — пĕтĕмпе 21 çын вилнĕ.

Корейăри вăрçă пуçланнăранпа Пĕрлешӳллĕ Штатсен вăрçăсшăн хыпăнакан çыннисем Корейăри вăрçа сарма тата Инçет-Хĕвелтухăçĕнче мир ĕçне ытларах сиенлеме ăнăçсăр хăтланса, хăйсен сывлăш-çар вăйĕсене Китай çине пырса кĕме тата Китая хирĕç провокациллĕ ĕçсем туса хăратма темиçе хутчен те приказ панă. Хальхинче Китай çине Америкăн питĕ нумай самолечĕсем пырса кĕрсе, сывлăшран нумай вырăнсем çине тапăннă, уйчен виçĕ çул ытларах вăхăтра çавăн чухлĕ самолет Китай çине вĕçсе кĕни тата çавăн пысăкăш территориче вĕçсе çӳрени пулманччĕ. Çакă тата пирĕн туслă кӳршĕн — Совет Союзĕн пассажирсем лартса çӳрекен самолечĕ çине вăрă-хурахла тапăнни Китайпа Совет Союзĕнчи халăхсене хирĕç преступлениллĕ пысăк провокаци туни пулать. Çавăн пек провокаци тунă пирки Китай халăхĕ хытă тарăхрĕ.

Пĕрлешӳллĕ Штатсен çар влаçĕсем Китай çине сывлăшран пырса кĕрсе пысăк провокаци тума Корейăра перемири пирки тунă килĕшӳ çине алă пуснă куна юриех суйласа илнĕ. Çак факт Пĕрлешӳллĕ Штатсен вăрçăсшăн хыпăнакан çыннисем Корейăра хăйсем поражени тӳснине йышăнасшăн мар пулни çинчен калать. Китай халăхĕ хăйĕн сыхăлăхне çине тăрса ӳстерсе пырать тата Америкăри вăрçă чĕртекенсен агрессиллĕ авантюристла тĕрлĕ ирсĕр ĕçĕсенчен сыхланассине вăйлатать.

Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительстви Америка çар самолечĕсем преступлениллĕ ĕç тунине — Китай çине пырса кĕнине тата Совет Союзĕн пассажирсем лартса çӳрекен самолечĕ çине тапăннине хирĕç хытă протестлет тата çак преступленишĕн — агрессилле ĕç тунăшăн пĕтĕмпех Пĕрлешӳллĕ Штатсен правительстви ответ тытма тивĕçлĕ тесе пĕлтерет.

# Мир тата туслăх!

## Çамрăксемпе студентсен пĕтĕм тĕнчери тăваттăмĕш фестивалĕ пуçланнă

БУХАРЕСТ, августăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Бухарестри культурăпа спортăн августăн 23-мĕшĕ ячĕпе тăракан паркĕнчи стадионра çамрăксемпе студентсен мирпе туслăхшăн кĕрешес ыйтупа иртterекен пĕтĕм тĕнчери тăваттăмĕш фестивалĕ пуçланнă. Фестивале чаплăн уçнă. Стадиона Румынири ĕççыннисем тата урăх çĕршывран пынă хăнасем — пĕтĕмпе 100 пин çынна яхăн — пухăннă. Кăнтăрла, 4 сехетре фанфарăсен сассисем делегацисен маршĕ пуçланни çинчен пĕлтернĕ. Тĕнчери 106 çĕршывран пынă çамрăксен парачĕ икĕ сехете яхăн пынă. Тĕрлĕ национальноçсен çамрăкĕсем — 28 пин çамрăк — «Мир тата туслăх» тесе кăшкăрса трибунăсем умĕнчен иртнĕ, вĕсене тăвăллăн алă çупса кĕтсе илсе иртterсе янă.

Фестиваль иртterме уйăрнă пĕтĕм тĕнчери комитет ячĕпе Демократиллĕ çамрăксен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн генеральнăй секретарĕ Жак Дени фестивале пухăннисене саламланă. «Эсир, тĕнчери мĕнпур çамрăксем миршĕн тăнине тата ĕмĕтленнине палăртакансем, — тенĕ вăл. — кунта çĕр чăмăрĕ çинчи мĕнпур вырăнсенчен, океансемпе тусем урлă килтĕр. Мир тата туслăх! — тесе чĕнетпĕр эпир пурте, пĕр саслă пулса. Эпир миршĕн тăратпăр, мĕншĕн тесен мир çамрăксене телейлĕ пурнăç тума май парать».

Фестивале пухăннисем умĕнче унтан Румыни Аслă наци пухăвĕн Президиумĕн председателĕ Петру Гроза саламлă сăмах каланă.

Вăл тухса каланă хыççăнах стадиона пĕтĕм тĕнчери мирпе туслăх эстафетине çĕклесе пыракан спортсменсен ушкăнĕ тухнă. Трибуна патне пырса, спортсменсем Жак Дение эстафета параççĕ. Жак Дени фестиваль пуçланни çинчен пĕлтерет. Демократиллĕ çамрăксен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн гимнĕн кĕвви янăрать. Фестиваль ялавне çĕклеççĕ. Стадион трибунисем тĕлĕнче шурă тĕслĕ пиншер кăвакарчăнсем çӳле вĕçсе хăпараççĕ. Фестиваль пуçланать.

# Фредерик Жолио-Кюри заявленийĕ

ПРАГА, августăн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн секретариачĕ хаçатсем çинче пичетleме Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн председателĕ Фредерик Жолио-Кюри тунă заявление панă.

Унта çапла каланă:

Корейăра перемири çинчен килĕшӳ тунине çĕр чăмăрĕ çинчи мĕнпур халăхсем савăнăçлăн кĕтсе илчĕç, мĕншĕн тесен вăл миршĕн тăракансен пысăк çĕнтерĕвĕ пулса тăрать. Мĕнпур çĕршывсенчи çĕршер миллион çынсем Корейăри вăрçа чарса лартма ытларах та ытларах çине тăрса ыйтрĕç пулсан, перемири туни вара — вĕсен çĕнтерĕвĕ. Перемири çинчен килĕшӳ туса алă пусни вăл халăхсен Венăри конгресĕнче пĕр тăхтаса тăмасăрах вăрçа чарса лартма ыйтнине ĕçе кĕртни пулса тăрать. Çак пысăк пĕлтерĕшлĕ событи Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ хăйĕн чĕнĕвĕнче калаçусем иртterме тата килĕшӳсем тума пулать тесе калани тĕрĕс пулнине тата вăл вăхăтра чĕнсе каланине кăтартса пачĕ.

Темĕн тĕрлĕ йывăрлăхсем пулсан та, темĕн тĕрлĕ чăрмантарнă пулин те, перемири çинчен килĕшӳ туса алă пусни хальхи вăхăтра ытти хирĕçӳсене е тавлашуллă ыйтусене мирлĕ майпа йĕркелеме калаçусем иртterме тата килĕшӳсем тума май пуррине нихçанхинчен лайăхрах кăтартса пачĕ.

Çак пĕррехмĕш результат, çапла вара, калаçусем иртterмелле тăвассишĕн пыракан кампание — Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ чĕннипе пуçланнă кампание иртterме хавхалантарать. Халĕ ĕнтĕ ытти мĕнпур ыйтусене, сăмахран, Вьетнамри вăрçа чарса лартас ыйтăва йĕркелеме общественность малалла тата ытларах та ытларах хĕсме тытăнас пирки нимĕн иккĕленмелли те çук. Анчах ыйтусене калаçусем иртterнипе йĕркелессине хирĕç хытă тăракансем пур-ха. Корейăна илес пулсан, халиччен тунă килĕшĕве пăсма çĕнĕрен хăтланĕç, çав районта тĕрĕслĕхлĕ мир тăвас тĕллевпе çĕнĕ килĕшӳсем тăвас ĕçре чăрмантарма хăтланнисем пулĕç.

Апла пулсан, калаçусене хăвăртрах иртterмелле тăвассишĕн кĕрешес, калаçусене вăраха тăсас е вĕсене ăнăçлă вĕçлеме чăрмантарас тĕллевпе чееленсе тума шутланă усал ĕçсене путлантарса лартассишĕн кĕрешес ĕçсене пур çĕрте те анлă сарни питех те кирлĕ. Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ чĕннипе иртterекен кампанин пĕлтерĕшĕ çавăн пек пулать ĕнтĕ.

Калаçусем иртterмелле тăвассишĕн пыракан кампани хальхи вăхăтра çĕр чăмăрĕ çинчи пысăк çĕршывсенче сарăлчĕ тата унăн формисем тĕрлĕ. Кампание иртterни нумай тĕрлĕ ĕçсене тума май парать, ку ĕçсене çĕршывсенчи мире хӳтĕлессишĕн кĕрешекенсен юхăмĕсем кăна мар, çавăн пек шухăшлă тата çавăн пек ĕçлекен ытти организацисемпе ассоциацисем те пуçараççĕ.

Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн бюровĕ çывăх вăхăтрах пухăнать, малтан тунă çитĕнӳсене тĕпчесе вĕренет. Бюро пĕр тĕллеве — мир тĕллевне пурнăçлама хальхи вăхăтра калаçусем иртterмелле тăвассишĕн кĕрешекенсене пурне те пĕрлештерме пулăшакан выводсем тăвĕ, тесе шутлатăп эпĕ. Асăннă кампанин тĕллевĕ — тĕнчери лару-тăрура йывăрлăха чăннипех те çăмăллатмалла тăвасси. Корейăра перемири туни, çавăн пекех тата хăшпĕр правительствăсем аслă державăсен чи аслă ертсе пыраканĕсем тĕл пулса калаçусем иртterмеллине йышăнни халĕ çав тĕллеве пурнăçлас вăхăт çывхарнине палăртса тăракан тĕслĕхсем пулаççĕ.

### ЛИ СЫН МАН ШАЙККИ ВĂРÇА ХАТĔРЛЕННИ ÇИНЧЕН РЕЙТЕР АГЕНТСТВИ ПĔЛТЕРНИ

ЛОНДОН, августăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, «Кăнтăр Корейăн наци оборонин министрĕ Сон Вон Ир вице-адмирал паян Наци пухăвĕн ларăвĕнче, ятарласа пухнă ларура, пĕтĕм халăха çар ĕçне вĕрентме план туни çинчен тата çĕршыв ресурсĕсене мобилизацилеме — чрезвычайнăй ĕçсем пуçланас-мĕн пулсан кирлĕ пулма пултаракан ресурссене пухма пур мерăсене те йышăнни çинчен каланă».

# Болгари халăхĕн пурнăçĕ лайăхланать

СОФИЯ, августăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Болгари Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕпе Болгарири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ куллен кирлĕ таварсен ваккăн сутмалли хакĕсене йӳнетесси çинчен постановлени йышăннă.

Таварсене ваккăн сутмалли государственнăй хаксене çĕнĕрен, виççĕмĕш хут йӳнетнине пула, республикăри халăх государствăпа коопераци суту-илĕвĕ енĕпе çулталăкра 900 миллион лев чухлĕ усă илет.

Министрсен Совечĕпе Болгарири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ ваккăн сутмалли куллен кирлĕ таварсен хакĕсене 1953 çулхи августăн 3-мĕшĕнчен пуçласа çакăн чухлĕ йӳнетме йышăннă: çăкăр хакне 11—14 процент, булкăсен хакне — 11—20 процент. Ытти таварсен хакĕсене те йӳнетнĕ: тулă çăнăхĕ 15 процент, манна кĕрпи 12 процент, макарон 20 процент, ӳсен-тăран çăвĕ — 10—11 процент, сысна çăвĕ 10 процент, сĕт-çу продукчĕсем 4—6 процент, сыр 10—11 процент, аш-какай 10 процент, пулăпа вăлча 10 процент, улма-çырла тата пахча çимĕç консервисем 5—10 процент, йывăç улмипе виноград 20 процент, типĕтнĕ улма-çырла 10 процент, сахăр таврашĕ 4—15 процент, спиртран тунă ĕçмеллисем 10—20 процент, сăра 12 процент йӳнĕрех пулать.

Промышленность таварĕсен хакĕсене те çакăн чухлĕ йӳнетнĕ: çĕр мамăк пирĕвăрĕн хакне вăтам шутпа 15 процент, çăм пир-авăр хакне 4—18 процент, пурçăн пир-авăр хакне 5—10 процент, трикотаж хакне 5—10 процент, чăлхасен хакне — 5—10 процент, çĕленĕ тумтир хакне 5—18 процент, атă-пушмак хакне 5—10 процент.

Çавăн пекех строительство материалĕсен, галантерипе парфюмери таварĕсен, ача-пăча теттисен, спорт инвентарĕн тата ытти таварсен хакĕсене те йӳнетнĕ.

Кунпа пĕр вăхăтрах ресторансенчи, столовăйсенчи тата ытти обществăлла апатлану предприятийĕсенчи апатсен хакĕсене те йӳнетеççĕ.

### ГОСУДАРСТВО ДЕЯТЕЛĔСЕНЕ ТАТА КОРЕЙĂРИ ĔÇЛĔХ ПАРТИЙĔН РУКОВОДИТЕЛĔСЕНЕ ОРДЕНСЕМПЕ НАГРАДĂЛАНĂ

ПХЕНЬЯН, августăн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Аслă Халăх Пухăвĕн Президиумĕ республикăн государство деятелĕсене тата Корейăри Ĕçлĕх партийĕн руководителĕсене орденсемпе наградăласси çинчен кăларнă Указсем пичетленсе тухнă.

Корея халăхĕн ирĕклĕхшĕн пынă отечественнăй вăрçинче çĕнтерӳ тăвассишĕн тăрăшса паллă ĕçсем тунăшăн çаксене наградăланă: Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Аслă Халăх Пухăвĕн Президиумĕн председательне Ким Ду Бона, Ĕçлĕх партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕсене Пак Ден Ая тата Пак Чен Ока — Государство ялавĕн пĕррехмĕш степень орденĕпе; Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Министрĕсен кабинечĕн председатель заместительне Цой Ен Гена — Ирĕклĕхпе Никама пăхăнманлăхăн 1-мĕш степень орденĕпе, республикăн министрсен кабинечĕн председатель заместительне Хон Мин Хие — Ĕç орденĕпе.

Çавăн пекех Корея Халăх Çарĕн 15 генералне Ирĕклĕхпе никама пăхăнманлăхăн 1-мĕш степень орденĕпе наградăласси çинчен йышăннă Указ та пичетленсе тухнă.

## СПОРТ

## Çăмăл атлетсен ăмăртăвĕ

Иртнĕ вырсарникун «Энергия» спорт обществи стадионĕнче республикăри çăмăл атлетсен ăмăртăвĕ пуçланчĕ. Ăмăртăва 27 районтан килнĕ ялти спортсменсемпе Шупашкар, Улатăр, Канаш, Етĕрне, Çĕмĕрле, Сĕнтĕрвăрри тата Çĕрпӳ хулисенчи спорт обществисен сборнăй командисем хутшăнчĕç.

Физкультурниксен парачĕ хыççăн спортсменсем 100 метра хăвăрт чупса тухассишĕн ăмăртрĕç.

Çамрăк спортсмен Романов çак дистанцие 12 секундра чупса тухса лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. Камалтдиновпа Романов финалра тĕл пулса ăмăртрĕç. Кунта Камалтдинов çĕнтерчĕ, вăл 100 метра 12 секундра чупса тухрĕ. Романов унтан 0,1 секунд кая юлчĕ.

Хĕрачасенчен Токарева спортсменка, 100 метра 13,8 секундра чупса тухса, пĕррехмĕш вырăн йышăнчĕ. 100 метра чупнă вăхăтрах тепĕр тĕлте чупса пырса инçене сикес тата йĕтре тĕртес тĕлĕшпе ăмăртрĕç. Кунта Чкаловски районĕнчен килнĕ, «Колхозник» спорт обществи членĕ Р. Камалтдинов мала тухрĕ. Хĕрарăмсенчен «Энергия» спорт обществин членĕ Е. Токарева пĕррехмĕш вырăн йышăнчĕ. «Энергия» спорт обществин членĕ Бортницкий, 6 метр та 03 сантиметр сиксе, республика чемпионĕ ятне илчĕ.

Чупса пырса инçене сикес тĕлĕшпе хĕрачасенчен Емельянова лайăх тĕслĕх кăтартрĕ, чемпион ятне илчĕ. Паллă спортсмен Камалтдинов 200 метра 24,6 секундра чупса тухса тата йĕтре ывăтса пĕррехмĕш вырăна тухрĕ. Улангин спортсмен 1.500 метра 4 минут та 20 секундра чупса тухрĕ.

80 тата 110 метра барьер урлă сиксе чупас техникăна лайăхлатас тĕлĕшпе пирĕн спортсменсен нумай ĕçлемелле. Бортницкий спортсмен 110 метра 18,7 секундра чупса тухрĕ пулсан, Муркаш районĕнчен килнĕ Соловьев спортсмен çак дистанцие 27,4 секундра кăна чупса тухрĕ.

**Е. НИКИТИН.**

## ФУТБОЛ

### Республикăра мала тухассишĕн

Августăн 1-мĕшĕнче Шупашкарти «Энергия» спорт обществин стадионĕнче футбол вăййи енĕпе республикăра мала тухассишĕн пыракан ăмăртăвăн черетлĕ вăййи пулса иртрĕ. Стадион хуçисем Шупашкарти «Спартак» спорт обществин футболисчĕсемпе тĕл пулса выляреç.

Спартаковецсем уйрăмах çĕнтерӳшĕн тăрăшса выляреç. Вĕсем, икĕ мечка тапса кĕртсе, стадион хуçисене çĕнтерчĕç.

### РСФСР-та мала тухассишĕн пыракан зонăри вăйă

Иртнĕ вырсарникун «Энергия» спорт обществин стадионĕнче футбол вăййипе РСФСР-та мала тухассишĕн пыракан ăмăртăвăн черетлĕ вăййи пулчĕ.

Чапаевски поселокри футбол команди Горький хулинчи спорт обществин командипе тĕл пулса вылярĕ.

Вăйă интереслĕ, пысăк çĕкленӳпе иртрĕ. Хăнасем 3:0 шутпа çĕнтерчĕç.

Чапаевски поселок команди хăйĕн иккĕмĕш вăййине августăн 5-мĕшĕнче Ульяновск хулинче иртterет.

## Кĕскен

ВĂРНАР. Киров ячĕпе тăракан колхоз членĕсем 15 пин штук саман кирпĕч тунă, тепĕр çавăн чухлĕ хатĕрлеççĕ. Саман кирпĕчрен кайăк-кĕшĕк вити тăваççĕ.

**А. ОСЬКИН.**

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Умстатья. — Кĕрхи тырăсене лайăх акса хăварар.

Корейăра перемири тума алă пуснă май Г. М. Маленковпа В. М. Молотов юлташсем патне Мао Цзэ-дунпа Чжоу Энь-лай юлташсем янă телеграмма.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕнче.

Н. Соколов. — Кĕрхи тырăсене малта пыракан агротехникăна пурнăçласа акмалла.

Çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленесси çинчен.

А. Желтова. — Заметкăсен витĕмлĕхĕшĕн кĕрешмелле, авторсен активне ытларах хутшăнтармалла.

В. Егоров. — «Вырăсла-чăвашла словарь».

ФЕЛЬЕТОН: Г. Федоров, И. Хозянов. — «Çăлкуçĕсемпе çăлсем çинчен».

Н. Захаров. — Тĕнчери лару-тăру.

Вырăнти тата ют çĕршывсенчен килнĕ хыпарсем.

**Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.**



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 0-67, редактор заместителĕ — 3-99, ответлă секретарь — 4-26; секретариат — 3-54, промышленность пайĕ — 5-74, информаци пайĕ — 13-37, парти пурнăç пайĕ — 3-04, ялхуçалăх пайĕ — 3-97, культура пайĕ — 8-61, совет строительстви пайĕ — 8-61, çырусен пайĕ — 7-32, издательство кантурĕ — 0-23.

НТ 01198 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.